*Пĕтĕм тĕнчери пролетарисем, пĕрлешĕр!*



# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

КПСС Чăваш обкомĕпе Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн тата Министрсен Совечĕн органĕ

Орган Чувашского обкома КПСС, Верховного Совета и Совета Министров Чувашской АССР

№ 19 (20152) • Ытларикун, 1990 çулхи январĕн 23-мĕшĕ • Хаçат 1918 çулхи февральтенпе тухать • Хакĕ 3 пус

КПСС Центральнăй Комитечĕн Генеральнăй секретарĕ, СССР Верховнăй Совечĕн Председателĕ

## М. С. ГОРБАЧЕВ

## Тĕп телевиденипе тухса калани

Юлташсем! Эпир пурте Азербайджанпа Армени хушшинчи вăраха кайнă наци хирĕçĕвне курса тăратпăр. Кунта сиксе тухнă хирĕçӳ лăпланма мар, вăхăт-вăхăтпа çивĕчленсе пырать, кашни хутĕнчех пысăк йывăрлăхсем патне илсе çитерет. Çаканшăн эпир пурте чĕререн пăшăрханатпăр.

Юлашки икĕ çул хушшинче влаçăн центрти органĕсем хăйсем енчен тӳсемлĕн, лару-тăрăва пур енлĕн хакласа ĕçлеме тăрăшрĕç, çамал мар ыйтусене мирлĕ политика меслечĕсемпе кăна татса парасшăн пулчĕç.

Юлташла калаçу, ыйтăва СССР Верховнăй Советĕнче, партин Центральнăй Комитетĕнче, правительствăра сӳтсе явни, СССР халăх депутачĕсем вырăна кайса çӳрени, Мускавра икĕ республика руководствипе, депутатсемпе темиçе хутчен те тĕл пулни — ĕçри çак меслетсемпе йăлтах вертен-пер тĕллевпе — килĕшӳ тăвас, ыра кӳршĕлле хутшăнусене, çавăн пекех çынсем хушшинчи хутшăнусене çĕнĕрен йĕркене кĕртес, пулса тăнă йывăрлăхран тухмалли çул-йĕр шыраса тупас тата, юлашкинчен, Сăртлă Карабахпа çыхăннă лару-тăрăва йĕркелесе ярас тĕллевпе — уса курнă.

Çапла ĕçлесе, эпир вăйпа хăратни, кураймanлăхпа тăшманлăх, хирĕçĕве малалла çивĕчлетсе пыни ним лайăххи патне те илсе çитерменнине, лару-тăрăва пушшех йывăрлатнине, çынсем хушшинче пысăкрах çухатусем пулма тата вăйпа хăратасси малалла ӳссе пыма пултарассине шута илтĕмĕр.

Шел пулин те, çак условисенче икĕ республикăн парти, совет, государство органĕсем ответлăха тивĕçлипе туйса тăнине, лару-тăрăва пур енлĕн виçсе пăхса тĕрĕс хаклавине кăтартмарĕç, тепĕр чухне вăра националистла ушкăнсем хĕснипе вĕсем хăйсен принциплă позицийĕсенчен пăрăнни те пулнă.

Юлашки вăхăтра Армян ССР Верховнăй Совечĕн тата Азербайджан ССР Верховнăй Совечĕн сессийĕсенче ССР Союзĕн Конституцине хирĕçлекен решенисем йышăннă хыççăн та çапла пулса тухрĕ. Вĕсем лару-тăрăва йĕркелесе яма пулăшмарĕç кăна мар, пачах урăхла, ăна тата ытларах çивĕчлетрĕç, вĕр-пĕрне хирĕç тăрассине вăйлатрĕç.

Ас-тăн сасси СССР халăх депутачĕсен II съезчĕн трибуни çинчен уйрăмах çирĕппĕн янăрасан та, ăна кӳ енĕ те, тепĕр енĕ те илтесшĕн пулмарĕç.

Обществăна, халăха хирĕçле элементсем кураймanлăха малалла хĕмлентерсе яма, хирĕçĕве татах та çивĕчлетме çак лару-тăрăва усă-курчĕç те ĕнтĕ. Уйрăмах чикĕ хĕрринчи районсенче тата икĕ наци çыннисем пĕрле пурăнакан районсенче хĕçпăшаллă хирĕçӳсем пуçланчĕç.

СССР Верховнăй Совечĕн Президиумĕн кăçалхи январĕн 15-мĕшĕнче Сăртлă Карабах автономи облаçĕнче тата Азербайджанпа Арменин ытти хăшпĕр районĕсенче чрезвычайла лару-тăру туса хурасси çинчен Указ йышăнни тиврĕ.

Çакăн хыççăн вăрă-хурахла ĕçсем чарăнасса, хăйсен халăхĕсене йĕркесĕрлĕхпе хурлăха кĕртсе ӳкерне экстремистсем, халăх фрончĕсен лидерĕсем лăпланасса, пуçтавра шухăшласа илессе кĕтнĕччĕ.

Анчах тăна кĕме чĕннĕ сасса, совет общественноçĕн, пирĕн çĕршыври мĕнпур халăхсен сассине ку хутĕнче те шута илмерĕç.

Икĕ енлĕ калаçу ирттерме, килĕштерсе, чăтамлăх кăтартса пурăнма чĕнсе калаçнине тимлемерĕç.

Унтан та ытларах, çапăçма тĕллев тытнă националистсем, карьеристсем лару-тăрăва татах та çивĕчлетрĕç, боевиксен ушкăнĕсене йĕркелерĕç, çулсене, аэропортсене хупласа лартма тытăнчĕç. Çар çыннисем, хĕçпăшал склачĕсем, право йĕркине сыхлакан органсем çине тапăнасси ӳсрĕ.

Çак событисем Бакура уйрăмах çивĕчленсе çитрĕç, пурăнмалли çурт-йĕре арκатма, çынсене вĕлерме, ним айăпсăр çынсене хăйсен çурчĕсемпе хваттерĕсенчен республика тулашне кăларса яма тытăнчĕç.

Азербайджанра экстремистла вăйсен ĕçĕсем ытларах та ытларах государствăна, Конституцие тата халăха хирĕçле пулса пычĕç.

Чылай районсенче влаçăн законлă органĕсене, вăйпа хăратса, хăйсен тивĕçĕсене пурнăçлама паман, управлени тытăмне аркатнă.

Государство чиккин çĕршер километрĕнче инженерипе техника сооружениĕсене петерсе тăкнă. Республикăра вăйпа усă курса влаçа тытса илме тĕллев лартнине пытарман та темелле.

Малашне те ĕçсем çакăн пекех аталанса пыма пултарайман. Ним айăпсăр вилнисемшĕн чĕререн хурланине пĕрлех, çĕршывра преступникла ĕçсем тунине, хаяр пусмăрпа вандализм тĕслĕхĕсене, законсене сĕмсĕррĕн пăснине хирĕç кураймanлăхпа тăрăху туйăмĕ вăйланса пынă.

Совет çыннисем çавна май çĕршыв руководствинчен законлăхпа йĕркелĕхе çĕнĕрен çирĕплетмешкĕн, çынсен пурнăçне хӳтĕлемешкĕн татăклă мерăсем йышăнма çине тăрса ыйтрĕç.

Эсир пĕлетĕр ĕнтĕ, СССР Верховнăй Совечĕн Президиумĕ, Указ йышăнса, Бакура чрезвычайла лару-тăру туса хучĕ, хулана Шалти ĕçсен министерствин тата Совет Çарĕн подразделенийĕсене кĕртрĕç.

Вĕсем тĕп объектсене йышăннă, государство учрежденийĕсене контроллесе тăма тытăннă, аркатакан-тустаракансене, йĕркесĕрлĕхсем тума хĕтĕртекенсене хирĕç татăклă мерăсем йышăнаççĕ. Преступникла элементсенчен хĕçпăшал туртса илеççĕ.

Хăшпĕр çынсен кил-çуртне халĕ иккĕк килчĕ. Çав çемьесемпе пĕрле чĕререн хурланни çинчен пĕлтеретĕп.

Бакура, Азербайджанпа Арменин чикĕ хĕрринчи районĕсенче, Кавказ леш енчи ытти районĕсенче пулса иртнĕ инкеклĕ событисем национализм алхасни, нацисен таса кăмăл-туйăмĕпе вылянни хакне тĕппипех уçса пăраççĕ. Çынсене ниме пăхмасăр кураймanлăх, таван тавăнă вĕлерекен ăссарла вăрçа патне текни преступлени туни мар-и вара.

Законсăрлăхпа тискерлĕхрен хăтарасси, хăйсен тĕллевĕсемшĕн, еметсĕр интересĕсемшĕн, влаçшăн çунишĕн ыттисен пурнăçне те татма хатĕр, этем сăнне çухатнă экстремистсен преступникла ĕçĕсене татăклăн чарса лартасси вăл — государство тивĕçĕ.

Çынсене мирпе хăрушсăрлăх тавăрса парасси, икĕ республика халăхне те ирĕклĕ, демократилле аталанма, йĕркелле ĕçлеме, лăпкă пурăнма, ачасене пăхса ӳстерме тата воспитани пама майсем туса парасси вăл — государство тивĕçĕ.

Совет Çарĕн тата Шалти çарсен салтакĕсемпе офицерĕсем СССР Конституцине тата Закона хӳтĕлес тĕлĕшпе хăйсен тивĕçне пурнăçлаççĕ.

Çĕршыв руководстви халĕ йышăнакан мерăсене пирĕн çĕршыври мĕнпур халăхсем ăнланса йышăнасса тата ырласса шанса тăрать.

Çак сехетре Азербайджанпа Армени мĕнпур гражданĕсене асла-тăнла пулма, провокацилле лозунгсемпе ĕçсен илĕртĕвне парăнмасăр тăма чĕнсе калатăп. Улталаннă, ăнланмалкипе тĕрĕс мар çул çине тăнă е преступникла ĕçсене вăйпа явăçтарнă çынсене шухăшласа илме, тăна кĕме, чарăнма чĕнсе калатăп.

Сире пурне те граждансем хушшинче мир туса хумашкăн, килсе тухнă йывăрлăхсене пĕрле çĕнтерсе пымашкăн пур енлĕн пулăшу пама ыйтатăп.

Çакна тăрăннăн шанса тăратăп: асла-тăнлă пулни, ответлăха туйса илни тӳрре тухĕ.

Мĕнпур халăхсен лайăхрах пурнăçĕшĕн, пирĕн государствăн халĕ вичĕхичен ытларах пĕтĕм нацисем хушшинче килĕшӳ пулни, пĕр-пĕрне туслăн ĕçлени, пĕрне-пĕри пулăшса тăни кирлĕ.

## КПСС Центральнăй Комитетĕнчи тĕлпулу

Январĕн 20-мĕшĕнче КПСС Центральнăй Комитечĕн Генеральнăй секретарĕ М. С. Горбачев Азербайджанри компартин Центральнăй Комитечĕн бюровĕн членĕсемпе А. Н. Муталибовпа, Г. А. Гасановпа, М. Р. Мамедовпа, В. П. Поляничкопа тĕл пулнă. Тĕлпулура республикăра пулса тăнă лару-тăру пирки пĕр-пĕрин шухăшĕпе тĕплĕн паллашнă. Республика пурнăçне хăвăртрах йĕркелесе çитермелли, управлени структурисене тата ĕç йĕркине çĕнĕрен çирĕплетмелли майсене сӳтсе явнă.

Тĕлпулăва Н. И. Рыжков, Л. Н. Зайков, В. А. Крючков, В. А. Медведев, А. Н. Яковлев, А. И. Лукьянов, Г. П. Разумовский хутшăннă.

(ТАСС).

*Суйлав умĕн*

## Кандидатсемпе тĕл пулнă

Чăваш АССР Министрсен Совечĕн председателĕ Н. А. Зайцев хăй вăхăтĕнче вунвиçĕ çула яхăн Канашри автомобильсем юсакан опытлă-сăнавлă (халĕ «Стройтехника») завод директорĕ пулнă. Кунти ĕç коллективĕ ăна 141-мĕш Канаш наци-территори суйлав округĕ тăрăх РСФСР халăх депутатне суйлама кандидата тăратнă. Комсомольски районĕнчи «Алга» колхозри ĕççыннисен çак округ тăрăх депутата суйлама тăратнă кандидачĕ вара — Урмаелĕнчи ача сачĕн заведующийĕ Н. М. Ямальтдинова.

Çак кунсенче Н. А. Зайцевпа Н. М. Ямальтдинова автомобильсем юсакансемпе тĕл пулчĕç. Республика правительствин председательне те, çамрăк ăрăва çитĕнтерекен воспитателе те пĕр ыйту хумхантарать: хальхи политикăпа экономика тĕлĕшĕнчи кăткăс лару-тăрура Совет влаçĕн — РСФСР 'ас... органĕнчен пуçласа вырăнти Советсем таран — ĕççыннисен пурнăçне лайăхлатма мĕн-мĕн тумалла?

Вĕсен суйлавçăсене паллаштарнă программи калăпăшĕпе те, анлăшĕпе те уй- [illegible] пекрех. Н. Ямальтдинова хулапа ял халăхĕн, ватăсемпе çамрăксен социаллă пĕртанлăхне çирĕплетмелли, ялта çамрăксене çирĕплетсе хăвармалли государство программи туса хума сĕнет пулсан, Н. А. Зайцев çав ĕçсене пурнăçламалли çул-йĕре палăртать. Экономикăпа социаллă пурнăçăн аталанăвне тĕреклетме чи малтан республикăра, хулапа районта, ялта, предприятире хăйтӳлевлĕхпе хăйсаплавлăх, урăхла каласан, кашни регионта хăйтĕлленлĕх принципĕсене пурнăçа кĕртессине пур йышши Советсем те хăйсен аллине илмелле.

Икĕ сехет ытла пынă калаçура кандидатсем те, суйлавçăсем те ĕççыннисене хумхантаракан вуншар ыйтăва хускатрĕç, вĕсене татса памалли çул-йĕрсене пĕрле шырарĕç.

Халăх депутатне суйлама тăратнă кандидатсем тепĕр тĕлпулăва Н. Ямальтдинова ентешĕсемпе — «Алга» колхоз ĕçченĕсемпе ирттерме калаçса татăлчĕç.

Н. А. Зайцев çав кунах Канаш районĕнчи «Нива» тата «Правда» колхозсенчи суйлавçăсемпе тĕл пулчĕ.

хăш-кăмăлĕн тарăхлăхĕ пĕр (Хамăр корр.)

# ĂМĂРТУРА МАЛТА ПЫРАКАНСЕМ

Паллашăр: Çĕмĕрлери автофургон комбинатĕнчи иккĕмĕш цехри пултаруллă рабочисем (сулахайран сылтăмалла): Галина Тарасова, Надежда Саĕрова, Валентина Казĕнова. Хĕрсем хăйсен ĕçне лайăх пĕлсе çитнĕ, çакă вĕсене кулленхи задание чылай ирттерсе пурнăçлама май парать.

Вĕсем рабочисен, хресченсен, техника интеллигенцийĕн представителĕсен Пĕтĕм Союзри канашлăвĕн итогĕсене ырласа, кăçал пысăкрах ÿсĕм тума тăрăшаççĕ.

Ю. Дмитриев фотоÿкерчĕкĕ.

• Ĕç коллективĕсенче

## АПРЕЛЬ ШУЧĔПЕ

Вăрмар поселокĕнче художество изделийĕсен фабрикине уçнăранпа вунă çул çитет. Ĕçчен çынсем йышлăн çак коллективра. Вĕсем халăх валли тĕрлĕ изделисем хатĕрлеççĕ.

Хастаррисенчен пĕри — Роза Шемякина çĕвĕç. 1983 çултанпа ĕçлет вăл фабрикăра. Производствăра та, общество ĕçĕнче те пултаруллă. Халĕ Роза Шемякинăн ĕç календарĕнче — апрель уйăхĕ.

Г. НИКОЛАЕВ.

## ЯЛТИ ЦЕХ

Пĕлтĕрхи декабрь вĕçĕнче Куславкка районĕнчи Энтри Пасар ялĕнче атă-пушмак çĕлекен цех уçăлчĕ. Унта ĕçлекенсем Хусанти «Спартак» фабрикăра виçĕ уйăх вĕреннĕ. Цехра атă-пушмак çĕлемелли машинăсем вырнаçтарнă. Халĕ кунта 16 çын ĕçлет. Ĕçе йĕркелесе пыракан — Н. Зарубин мастер.

— Кунне 200-шер мăшăр атă-пушмак çĕлетпĕр. Çынсен ĕçлес кăмăлĕ пысăк,— тет мастер. — Пуçламăшĕ аван. Малалла лайăхрах ĕçлеме шутлатпăр.

А. ПЕТРОВА.

## ТИВĔÇЛИПЕ ХАКЛАНĂ

Шупашкарти агрегат заводĕнчи çĕршер рабочи пĕлтĕр социализмла обязательствăсене ăнăçлă пурнăçланăшăн тĕрлĕ наградăсем илме тивĕç пулнă. Вунсакăр çынна СССР Халăх хуçалăх çитĕнĕвĕн выставкин медалĕсене тата укçан премин панă. Предприятире нумай çул ĕçлесе пысăк опыт пухнă А. Андрианов токарь-карусельщике ылтăн медальпе наградăланă.

Чугун шăратакан цехри Р. Григорьева обрубщицăна, 12-мĕш механика цехĕнчи А. Дорофеев электросварщике, 17-мĕш механика цехĕнчи А. Павлов слесарь - инструментальщике, хурçă шăратакан цехри В. Зекин электромонтера выставкăн кĕмĕл медальне панă.

О. ОСИН.

# Кам мĕнле ĕçленĕ?

РЕСПУБЛИКĂРИ КОЛХОЗСЕМПЕ СОВХОЗСЕНЧЕ 1989 ÇУЛТА ВЫЛЬĂХ-ЧĔРЛĔХ ПРОДУКЧĔСЕМ ТУСА ИЛЕС ТĔЛĔШПЕ МĔНЛЕ ĔÇЛЕНИНЕ КĂТАРТНИ.

**Цифрăсен пĕрремĕш колонки — усă куракан кашни 100 гектар çĕр пуçне сĕт туса илнĕ (центнерпа), иккĕмĕшĕ — 1988 çулхипе танлаштарсан сĕт туса илесси (+) ÿснĕ е (—) чакнă (процентпа), виççĕмĕшĕ — кашни ĕнерен сĕт суса илнĕ (килогрампа), тăваттăмĕшĕ — усă куракан кашни 100 гектар çĕр пуçне аш-какай туса илнĕ (центнерпа), пиллĕкмĕшĕ—1988 çулхипе танлаштарсан, аш-какай туса илесси (+) ÿснĕ е (—) чакнă (процентпа).**

| | | | | | |
|---|---|---|---|---|---|
| Улатăр | 271 | —1,1 | 2462 | 75 | +17,1 |
| Элĕк | 299 | +1,0 | 2789 | 105 | +0,9 |
| Патăрьел | 361 | +8,4 | 3085 | 132 | +7,3 |
| Вăрнар | 331 | +8,1 | 2682 | 121 | +12,0 |
| Йĕпреç | 338 | —0,9 | 2878 | 126 | +1,6 |
| Канаш | 282 | +1,4 | 2666 | 116 | +6,4 |
| Куславкка | 283 | —0,4 | 2515 | 57 | —1,8 |
| Комсомольски | 321 | +7,0 | 3309 | 128 | +1,5 |
| Красноармейски | 323 | +0,6 | 2894 | 110 | +2,8 |
| Хĕрлĕ Чутай | 307 | —2,9 | 2734 | 111 | +13,2 |
| Çĕнтĕрвăрри | 314 | +10,0 | 3055 | 91 | —8,1 |
| Муркаш | 367 | —1,4 | 3455 | 132 | —1,5 |
| Пăрачкав | 246 | —0,5 | 2312 | 86 | +14,6 |
| Вăрмар | 275 | +0,3 | 2612 | 96 | +14,0 |
| Çĕрпÿ | 317 | +0,6 | 2971 | 110 | +2,8 |
| Шупашкар | 553 | —3,9 | 3255 | 109 | +9,0 |
| Шăмăршă | 283 | —0,4 | 2613 | 109 | +5,8 |
| Çĕмĕрле | 355 | +3,4 | 2816 | 114 | +5,5 |
| Етĕрне | 364 | +1,1 | 3541 | 114 | —1,8 |
| Елчĕк | 371 | +6,9 | 3336 | 122 | +4,0 |
| Тăвай | 298 | +3,1 | 2753 | 104 | +7,0 |
| Республикипе | 330 | +1,8 | 2914 | 108 | +4,8 |

• • •

Республикăри выльăх-чĕрлĕх пăхакансем пĕлтĕрхи плансемпе социализмла обязательствăсене ăнăçлă пурнăçларĕç. Унччинхи çулхипе танлаштарсан, аш-какай туса илесси тата хатĕрлесси 5 процент, сĕт туса илесси тата хатĕрлесси 3 тата 4 процент ÿснĕ. Госзаказран ирттерсе, государствăна аш 1718 тонна, сĕт 11547 тонна, çăм 388 центнер, çăмарта 5,6 миллион штук сутнă. Кашни ĕнерен сĕт сăвасси 1988 çулхипе танлаштарсан, 130 килограмм ÿснĕ. Çавăн пекех самăртакан ĕне выльăхсемпе сыснасен талăкра ÿт хушасси те ÿснĕ, государствăна сутнă продукци пахалăхĕ лайăхланнă.

Çĕнтĕрвăрри, Патăрьел районĕсенчи хуçалăхсенче кашни ĕнерен сĕт сăвасси 1988 çулхипе тнлаштарсан, 313—355 килограмм ÿснĕ, çак районсем кашни ĕнерен 3 пин килограмм ытла сĕт сунă.

Комсомольски, Муркаш, Патăрьел районĕсенчи колхозсемпе совхозсем кашни 100 гектар çĕр пуçне аш чи нумай — 128—132 центнер туса илнĕ. Çак ÿсĕмсене тума интенсивлă технологипе усă курни, ĕçре тата ĕçшĕн тÿлессинче прогрессивлă формăсене пурнăçа кĕртни, выльăх апачĕ çителĕклĕ хатĕрлесе хăварни, селекци ĕçне лайăхлатни пулăшнă. Уйрăм районсенче ĕнесен продуктивлăхĕ чакнă. Сăмахран, Шупашкар районĕнчи хуçалăхсенче ĕне пуçне сĕт сăвасси 1988 çулхипе танлаштарсан, 33 килограмм, Хĕрлĕ Чутай районĕнче 42 килограмм чакнă. Çак районсенчи хăшпĕр хуçалăхсен руководителĕсемпе специалисчĕсем сăвакан ĕнесен шутне чакарчĕç, çавна май сĕт туса илесси те унччинхи çулхинчен чакрĕ.

Выльăхсен йышне чакарнине пула Муркаш тата Етĕрне районĕсенчи хуçалăхсенче, 1988 çулхипе танлаштарсан, выльăхсен талăкри ÿтхушаслăхĕ ÿснĕ пулин те, пĕтĕмĕшле аш туса илесси чакнă.

Ĕнесен йышĕ сахаллине пула уйрăм районсенче сĕтпе аш-какай туса илесси хĕллехи уйăхсенче чакса пырать. Октябрь-декабрь уйăхĕсенче, сăмахран, пĕлтĕрхи çав вăхăтрипе танлаштарсан, сĕт туса илесси Пăрачкав, Шупашкар, Хĕрлĕ Чутай, Элĕк районĕсенчи хуçалăхсенче 2—3 процент, аш-какай туса илесси Улатăр, Элĕк, Красноармейски районĕсенчи хуçалăхсенче 2—4 процент чакнă.

Хальхи условисенче продуктивлăха чакарма сăлтавсем çук. Выльăх апачĕ унччинхи çулхинчен ытларах хатĕрленĕ. Вĕсемпе перекетлĕ усă курмалла, кормоцехсемпе кормокухньăсене тухăçлă ĕçлеттермелле, хуçалăхсем хушшинчи, колхозсемпе совхозсен цехĕсенче фураж тата хутăш апат кирлĕ чухлĕ хатĕрлемелле.

А. АЛЕКСЕЕВА, зоотехник.

## КАНУРА ПУЛИН ТЕ

Лидия Андреевна Горшкова пенсие тухни чылай ĕнтĕ. Унччен вăл 32 çул фермăра ĕçленĕ, ĕнесем сунă. Малтанхи çулсенче сплерех йывăр условисенче ĕçленине халĕ хăшĕсем, тен, каласан та ĕненмĕç.

— Апатне пĕçерпĕ, уламне, силосне хамăрах туртпарнă. Кĕвентепе лăпă алăран кайман, — аса илет халĕ Лидия Андреевна.

Анчах ÿркенмен. Тăрăшса ĕçленĕ. Л. Горшковăна «Ĕçри хастарлăхшăн» медальпе, Пĕтĕм Союзри Халăх хуçалăх çитĕнĕвĕсен выставкин кĕмĕл медалĕпе, «Ĕç ветеранĕ» медальпе наградăланă, «Коммунизмла ĕç ударникĕ» ят панă.

Аппăшĕ, Мария Андреевна Горшкова, пенсие тухиччен — 30 çул ытла чăх-чĕп ферминче ĕçленĕ. Унăн та пурнăçĕнче йывăрри те, савăнмалли те çахал мар пулнă. Вăл та Хисеп грамотисем чылай илнĕ.

Пенсионер пулин те, хастар хĕрарăмсем ĕççĕр лармаççĕ, килти хуçалăхра выльăх-чĕрлĕх усраççĕ, çулсерен аш-какай, сĕт сутаççĕ.

Н. ВЕРШКОВ.

# Округри суйлав комиссийĕ пĕлтерни

РСФСР халăх депутачĕсене суйлас тĕлĕшпе ĕçлекен 868-мĕш Калинин территори суйлав округĕн округри суйлав комиссийĕ депутата суйлама тăратнă кандидатсем суйлавçăсемпе çак кунсенче тĕл пуласси çинчен пĕлтерет:

| | |
|---|---|
| Январĕн 24-мĕшĕнче 18 сехетре | — Калинин райĕçтăвкомĕн пысăк залĕнче; |
| Февралĕн 2-мĕшĕнче 15 сехетре | — Шупашкарти СССР 60 çул тултарнă ятпа хисепленекен пир-авăр комбиначĕн П. Хусанкай ячĕпе хисепленекен Культура керменĕнче; |
| Февралĕн 3-мĕшĕнче 10 сехетре | — 46-мĕш вăтам шкулăн акт залĕнче; |
| Февралĕн 7-мĕшĕнче 17 сехет те 30 минутра | — Машиностроительнăй техникумăн акт залĕнче; |
| Февралĕн 8-мĕшĕнче 18 сехетре | — 44-мĕш вăтам шкулăн акт залĕнче; |
| Февралĕн 14-мĕшĕнче 16 сехетре | — Шупашкарти КПСС XXIV съезчĕ ячĕпе хисепленекен агрегат завочĕн клубĕнче; |
| Февралĕн 20-мĕшĕнче 15 сехет те 30 минутра | — Пĕтĕм Российăри куç курманнисен обществин «Энергия» производство пĕрлешĕвĕн клубĕнче; |
| Февралĕн 21-мĕшĕнче 15 сехет те 30 минутра | — 4-мĕш СПТУн акт залĕнче; |
| Февралĕн 27-мĕшĕнче 16 сехетре | — Чăваш область профсоюз совечĕн акт залĕнче. |

ОКРУГРИ СУЙЛАВ КОМИССИЙĔ.

## Ялти агитпунктра

Тĕмшер ял Советне кĕрекен Варасăр ялĕнчи агитпункт клубра вырнаçнă. Унта куранакан агитаци хатĕрĕсем тÿрех куç тĕлне пулаççĕ. Суйлавпа çыхăнна лозунгсемпе плакатсем, справкăсен сетелĕ, брошюрăсем пур.

Агитациллĕ-массăллă ĕçе выранти учительсем, культработниксем тата клуб совечĕн членĕсем активлă хутшăнаççĕ. Агитпунктăн ĕç планне курăнмалли вырăна çырса çапнă. Агитаторсем, ялти активистсем дежурствăра тăраççĕ. Суйлава пуçласа хутшăнакансем валли «Суйлавçă прависемпе тивĕçĕсем» темăпа ыйтусемпе ответсен касĕ, «Икĕ тĕнче — икĕ пурнăç йĕрки» калаçу журналĕ иртерме палăртнă.

Район Совечĕн депутатне суйлама (58, 59, 60, 61-мĕш суйлав округĕсем тăрах) Тĕмшерти вăтам шкул директорне Е. Красновăна, ял Совечĕн ĕçтăвкомĕн председательне Ю. Семенова, «50 лет Октября» совхоз директорне А. Кудряшова, совхоз диспетчерне И. Мишуткина, аренда бригадин бригадирне П. Чердакова, Г. Михайлов пенсионера, райпо председателĕн заместительне Л. Ефремовăна, Варасăрти магазин заведующине Е. Мишуткинăна тата И. Морозов механизатора регистрациленĕ.

В. МИШУТКИН.
Куславкка районĕ.

## ПАЯНХИ НОМЕРТЕ:


ÇЕМЬЕ — ПЫСĂК ВАЙ. Килти хушма хуçалăх. Элĕк районĕнчи «Аликовский» совхозри Сергеевсен ĕçĕ-хĕлĕпе паллаштаракан репортаж.

ИДЕОЛОГИ ПАЙНЕ КИЛНЕ ÇЫРУСЕМ. Вĕсенче — паян кашнине шухăша яракан ыйтусем. — 2 стр.

РЕДАКЦИ ПОЧТИНЧЕН. Вулакансен çырăвĕсем тăрăх хатĕрленĕ ятарлă полоса. — 3 стр.

«ВАРМАНТАН ИЛЕМЛИ ÇУК...» Г. Петров Хĕрлĕ Чутай тăрăхĕнчи Майски лесничествин лесничийĕ Геннадий Афанасьевич Стеклов çинчен çырса кăтартнă. — 4 стр.

# Атăлпа Урал тăрăхĕнчи автономиллĕ республикăсенче

## Ял малашлăха пăхать

Кучербаево—Благоварски районĕнчи чи пысăк ялсенчен пĕри. Вăл «Октябрь» колхоз территорийĕнче вырнаçнă. Юлашки çулсенче ял сăн-сăпачĕ палламалла мар улшăннă. Кунта выльăх-чĕрлĕх комплексĕсем, кирпĕч заводĕ, колхозăн машина-трактор паркĕ, вăтам шкулăн икĕ хутлă çуртĕ ÿссе ларнă. Социаллă пурнăçпа культура тата йăла объекчĕсем те пĕрин хыççăн тепри çĕкленнĕ: икĕ хутлă гостиница, столовăй, садясли, участок больници. Ял варринче культура çурчĕ, универмаг, сыхăну уйрăмĕ, йăла çурчĕ пур. Ялта В. И. Ленин памятникне лартнă.

Урамсем те хăтлă. Колхозниксен çурчĕсем ÿсеÿсе лараççĕ. Пурнăç условийĕсем лайăхланса пынине кура яла çамрăксем те ытларах юлаççĕ. Вĕсем кĕске вăхăтрах кил-çурт çавăраççĕ.

«СОВЕТСКАЯ БАШКИРИЯ».

## Ăнăçу тăрăшулăхран килет

Иртнĕ çул Лениногорск районĕнчи «Авангард» колхозра аренда подрячĕпе ĕçлекен ашшĕпе ывăлĕ Заляевсем ĕçре пысăк çитĕнÿсем тунă. Çулталăк пуçламăшĕнче вĕсем 90 вăкăр самăртма илнĕ. Кашни уйăхра вăкăрсем талăксерен 800—900 грамм ÿт хушса пынă. Выльăх-чĕрлĕх пăхакансем нумаях пулмасть вĕсене кашнине вăтамран 412 килограмм çитерсе сутнă.

Заляевсем ĕçлекен фермăра механизаци çукпа пĕрех, пĕтĕм ĕçе алăпа тума тивет. Йывăр пулин те, вĕсем выльăхсене апат памалли тата шăвармалли вăхăта çирĕп пăхăнса ĕçленĕ.

«СОВЕТСКАЯ ТАТАРИЯ».

## Паркет ытларах пулĕ

Стройплощадкăри ĕçсем йнаçлă пырасси кунта тăвакан объектсене пурлăхпа вăхăтра [illegible] тăвасси нумай килет. Производство предприятийĕсен комбиначĕ столяр тата тимĕр-бетон изделийĕсене çурт-йĕр строительстви управленине парса тăрать. Халĕ кунта реконструкци ĕçĕсем пыраççĕ, вичах коллектив ăна продукци туса кăларнине кансĕрлемесĕр ирттерме тăрăшать. Амăртура паркет кăларма [illegible]

# ÇЕМЬЕ—ПЫСĂК ВĂЙ

Ял çыннисем хушшинче час-часах çапла калаçнине илтме пулать: уй-хир ĕçĕсенчен пушансан, хресчекĕн вăхăта чылай чухне ахаль иртерме тивет. Çак сăмахсенче, чăнах та, тĕрĕслĕх пур. Хуçалăхсенче кĕркунне-çуркунне, уйрăмах хĕллехи вăхăтра, пурин валли те ĕç тупма çăмăл мар. Элĕк районĕнчи «Аликовский» совхозăн главнăй зоотехникĕ Раиса Яковлевна Яковлева кун пирки çапах та урăхла шухăшлать.

— Канăçсăр çын хăйне валли кирек хăçан та ĕç тупать, — тет вăл. — Кайса курăр-ха эсир пирĕн Игорь Николевич патне. Çакна хăвăрах лайăх туйса илĕр.

И. Сергеев совхозра шофер пулса ĕçлет, сĕт-çу заводне фермăсенчен куллен сĕт турттарать. Пĕр шутласан, унăн ытти ĕçсем валли вăхăт юлсах каймасть темелле. Анчах Игорь Николаевич каннă сехетсенче те ахаль лармасть. Вăл шăллĕпе, Элĕкри вăтам шкулта физкультура учителĕ пулса ĕçлекен Валерий Николаевичпа пĕрле, совхозран 30 сысна самăртма илнĕ.

Эпир пынă чухне И. Сергеев килте çукчĕ, рейса кайнăччĕ. Çапла вара, хăйсен хушма хуçалăхĕпе пире В. Сергеев паллаштарчĕ.

— Валерий Николаевич, пирĕн республикăра халлĕхе килти хуçалăхра çавăн чухлĕ выльăх самăртакан çемьесем йышлах мар-ха, — сăмах пуçартăмăр эпир. — Йывăр мар-и ĕçленĕ вăхăтрах вăтăр сысна таран пăхма?

Вăл кулам пекки туса илет, те çапла хуравлать:

## КИЛТИ ХУШМА ХУÇАЛĂХ

Хыр-чăрăш пĕренесенчен мăнласа тунă тăрăхла витере сыснасем вăлашкаран апат çисе тăраççĕ. Кашни клеткăра — тăватшар сысна. Арматурăран çыпăçтарнă клеткăсене,варрипе утса çÿремелĕх ансăр коридор хăварса, стена икĕ енĕпе вырнаçтарса тухнă. Кашни клетка тĕлĕнчех электричество хунарĕсем çунаççĕ. Витине те, клеткăсене те пиччĕшпе шăллĕ, ятарласа сыснасем самăртма тесе, хăйсемех тунă.

— Нимĕн йывăрри те çук. Ирхине, шкула кайиччен, витере эпĕ ĕçлетĕп. Кăнтăрла, апат вăхăтĕнче, пичче килсе каять. Каçхине, урoксем хыççăн, каллех эпĕ тăрмашатăп.

Сергеевсем сысна самăртма, чăнах та, ытлашши ĕç вăйĕ пĕтермесçĕ-мĕн. Вĕсене, сăмахран, пĕçернĕ апатпа мар, ытларах тырăпа, комбикормпа тăрантараççĕ. Тутлăлантарма тесе, обрат хушса параççĕ. Тыррине совхозра илнĕ. Кашни сысна пуçне 200 килограмм уйăрнă [illegible]алăх. Обратне те унтанах илсе тăраççĕ выльăх самăртакансем.

— Эпир вунă килограмлă çурасем илтĕмĕр. Малтанхи вăхăтра вĕсене, паллах, обрат ытларах пама тивретчĕ. Каярахпа тырăпа пĕрле çĕрулми [illegible] кăшман хушса пама тытăнтăмăр. Чĕрĕ кăшман халĕ те час-часах паратпăр, — тет Валерий Николаевич.

Вăл «нимĕн йывăрри те çук» тенине, паллах, кăштах лайăхла пулма тăрăшни курăнать. Тĕрĕссипе, выльăх самăртакансен куçа курăнман ĕç те тупăнсах тăрать. Тепĕр чухне, акă, укол тума е пир-чĕртен сыватма тивет выльăхсене. Ун пек чухне Игорь мăшăрĕ, район больницинче медсестра пулса ĕçлекен Юлия Тимофеевна, пулăшать. Совхозри ветврач пулăшнипе вăл сыснасене ирлĕ чухне укол тăвать. Валерий мăшăрĕ, район центрĕнчи магазинсенчен пĕринче продавец пулса ĕçлекен Наталья Викторовна та пăрăнса тăмасть ăна-кăна тума.

Çӳрен кун йĕркипе ĕçлеççĕ Сергеевсем сыснасем пăхнă çĕрте. Вĕсене яланах пĕр вăхăтра, кунне виçĕ хутчен апатлантараççĕ. Витене час-часах тасатаççĕ. Тислĕк шĕвекне насуспа пахчана уçласа кăлараççĕ. Шыва пăрăхсем хурса, урамри водопроводран илсе тăмалла тунă. Ашăтса ĕçтерме вите çенĕхĕнче газ колонки вырнаçтарнă.

Хальхи вăхăтра сыснасем валли кунне тăватă апат единици таран тăкаклаççĕ Сергеевсем. Ку вăл, совхоз фермăчипе танлаштарсан, пĕр апат единици чухлĕ сахалрах. Çав вăхăтрах сыснасем талăкра 600—700 грамран кая мар ÿт хушаççĕ.

Совхозпа договор тунă тăрăх, сыснасен государствăна сутмалли чĕрĕ виçи 110 килограмран кая мар пулмалла. Выльăхсене самăртма тытăнни кĕçех пилĕк уйăх çитет. Палăртнă виçене çитесси нумай юлман ĕнтĕ.

Сергеевсен çемйисем уйрăм пурăнаççĕ. Игорь çемйи — совхоз хваттерĕнче, Валерий çемйи вара — тĕп килте. Анчах çакă пысăк ĕç тума нимĕн чухлĕ те чăрмантармасть вĕсене. Мĕн пуррине пĕтĕмпех çурмалла пайлама хăнăхнă, ăна-кăна ниxçан та виççе тăмаççĕ. Çавăн пек пулма вĕсене ашшĕ-амăшĕ мĕн ачаран хăнăхтарнă. «Асли, Игорь, пиллĕкмĕш класра вĕреннĕ чухнех ĕне сăватчĕ. Валерий те ĕçре ÿркенсе тăман», — тет амăшĕ Серафима Ивановна Сергеева.

Ĕçчен çемьесем сыснасене государствăна леçнĕ хыççăнах тепĕр вăтăр çура илме шутлаççĕ. Кун пирки совхоза калаçса татăлнă.

Çака хуçалăха тата Сергеевсен çемйисене мĕн парать-ха?

Икĕ енне те пысăк усă курет. Совхоза, сăмахран, темиçе тонна аш-какай туса илме пулăшать. Сергеевсем те сахал мар тупăш илеççĕ. Государство ашшăн тÿлекен укçа-тенкĕ, совхозран илнĕ çăвăрсен виçине тата апат валли тухакан тăкаксе-

# УРĂХ ÇĔРШЫВСЕНЧЕ

## ГДР: сылтăмри экстремизм

Демократиллĕ Германи Республикин столицинче декабрь вĕçĕнче тунă преступлени çак çĕршыври демократилле шухăш-кăмăллă çынсене çеç мар шухăшлаттарать. Декабрĕн 28-мĕшĕ умĕн çĕрле Трептов-паркра усал шухăшлă çынсем аэрозольлĕ сăрăсемпе усă курса Совет Союзĕн Европăна ирĕке кăларнă воинне асăнса лартнă памятник çине тăшманла лозунгсем çырса хунă. Иăмăх хĕрлĕ сăрăпа çырнă кӳрентерекен сĕмсĕр сăмахсем Берлина штурмланă чухне пуç хунă, Трептов-паркра пытарнă пилĕк пин совет салтакĕпе офицерĕн вилтăприсем çинчи асăну чулĕсем çинче те курăннă. Çакă республикăри общественноçа чăтма çук тарăхтарса янă. Берлинти каçхи хаçат кун пирки акă мĕн çырнă: «Историе пĕлекен кашни çын çакăншăн хăйне намăслă туять».

ГДР правительствин представителĕ Совет Союзне хирĕçле, националистла тискер ĕçе тетаклăн сивленĕ, çав ĕçшĕн айăплисене сылтăмри хăрушă экстремистсем вырăнне хунă. Çакăн пек тискер ĕçсем ГДРпа ССР Союзĕ хушшинче демократилле социализм никĕсĕ çинче аталанса пыракан туслăхпа пĕршухăшлăха сиен кӳме пултараймаççĕ, тенĕ правительство заявленийĕнче. ГДР правительстви тата гражданĕсем сылтăмри экстремистла, неофашистла хăрушлăха хирĕç татăклă отпор памалла, тесе шутлаççĕ.

Декабрĕн 29-мĕшĕнче ГДР правительстви хушнипе республикăн ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕн пĕрремĕш заместителĕ Герберт Кроликовский СССР посолне В. И. Кочемасова Совет Союзĕн Европăна ирĕке кăларнă воинне асăнса лартнă памятникран мăшкăлланă пирки шеллени тата пăшăрханни çинчен пĕлтернĕ. ГДР правительстви ячĕпе вăл совет гражданĕсенчен каçару ыйтнă, нимĕç халăхне нацизм пусмăрĕнчен ирĕке кăларассишĕн пынă кĕрешӳре пуç хунă 20 миллион совет çыннине, çавăн пекех фашизмпа вăрçа хирĕç кĕрешнĕ мĕнпур çынсене ГДР асра тытса пурăнни çинчен пĕлтернĕ.

Тăшмансен тискер ĕçĕ ГДР влаçĕсене çĕршывра пулса тăнă лару-тăрăва тĕплĕн тишкерме хистесе çитернĕ. Республикăн генеральнăй прокуратури уголовнăй полици руководствипе пĕрле Демократиллĕ Германи Республикинче неонацистсен активлăхĕ ӳсме пуçланă пирки пăшăрханнине палăртнă. Анчах генеральнăй прокуратура çĕршывра неонацистла структурăсем çук, тесе шутлать. Паллă ĕнтĕ, ГДРпа ФРГ тата Хĕвеланăç Берлин хушшинчи чикке уçнă май халĕ çав тери сыхă пулмалла. Республикăн уголовнăй полицийĕ пĕлтернĕ тăрăх, 1988 çулта неонацистсене хирĕç 185 ĕç пуçарнă пулсан, 1989 çулхи вуннăр уйăхрах 296 ĕç пуçарнă. Халăх полицийĕ сылтăмри радикалсемпе çыхăннă 1.100 çынна пĕлет. Ытти çавăн йыш-

преступлени тунипе пĕрлех сылтăмри экстремистсем çав кун тата тепĕр тискер ĕç тунă. Вĕсем Росток округĕн прокуратурине çыру янă, çырура фашистсен тĕрме хуралçи пулнă Я. Хольцсене ирĕке кăларма требовани лартнă. Иккĕмĕш тĕнче вăрçи вăхăтĕнче Польша гражданĕсене вĕлернĕшĕн айăплă çав çынна Росток округĕн сучĕ нумаях пулмасть айăпласа приговор йышăннă. «Эпир Германин иртнĕ вăхăтри рейхĕшĕн Мальран пуçласа Мемель таранах кĕрешетпĕр. Эпир Гитлер пире хушнă ĕçе пурнăçласшăн», — тесе çырнă çыру авторĕсем Германие 1937 çулхи чикĕсемпе ӳкернĕ картта çине. Çырура юлашкинчен Ростокри прокуратура сотрудникĕсене вĕлерессипе хăратнă.

Политикăллă партисемпе обществăлла организацисем, общественноçăн анлă сийĕсем неофашистсем иртĕхнĕ пирки тарахнине палăртнă. Митингсем ирттернĕ, совет воинĕсен вилтăприсем çине чечексем хунă. 1989 çулăн юлашки кунĕнче Трептов-паркра Тăван çĕршыв-анне скульптури патĕнче нумай пин çынла митинг ирттернĕ. Манифестаци хутшăнусем М. С. Горбачев ячĕпе телеграмма янă. Унта çапла каланă: «ССР Союзĕпе тусла пулнине эпир яланах асра тытса пурăнапăр. Европăна ирĕке кăларнă совет воинне асăнса лартнă памятникран мăшкăллани вăл ГДР халăхĕн шухăшĕсемпе туйăмĕсене палăртмасть».

Трептов-паркри мемориалтан мăшкăлланă преступниксене тытайман-ха. Çав преступниксем Федерациллĕ Германи Республикинчи тата Хĕвеланăç Берлинти социализма хирĕçле, Совет Союзне хирĕçле вăйсемпе çыхăннă, тесе шутлаççĕ. Çакна хăшпĕр тĕслĕхсемпе çирĕплетсе панă. Сăмахран, январĕн 2-мĕшĕ умĕн çĕрле паллă мар çынсем Дрезден округĕнчи Пири хулин центрĕнче стенасемпе витринăсем çине неофашистла лозунгсем çырса хунă. Метр çулăшĕ саспаллисемпе çапла çырса хунă: «Гитлер чĕрĕ», «Эпир кунта — республиканецсем». Лозунгсен авторĕсем политика тĕлĕшĕнчен мĕнле шухăш-кăмăллă пулни çакăнтан паллă ĕнтĕ. Дрезден округĕнчех Герлиц хулинче çапла çырса хунисем пулнă: «Ют çĕршыв çыннисем тухса кайччăр», «Еврейсем тухса кайччăр», «Республиканецсене суйлăр». Паллă ĕнтĕ, «республиканецсем» — Федерациллĕ Германи Республикинчи сылтăмри радикалсен неофашистла партийĕ.

Событисене тишкернĕ май профсоюзсен «Трибюне» хаçачĕ Демократиллĕ Германи Республикинче сылтăмри радикалсен активлăхĕ ӳснине «хăрушă вăйă» вырăнне хурать. Çакăнпа пĕрлех хаçат çĕршывра неонацистла идейăсене саракансем йышлă пулманнине палăртать. Çамрăксен «Юнге вельт» хаçачĕ хăрушлăх пысăк пулнине, ăна хирĕç

пуçламăшĕнче вĕсем фашизма хирĕçле митинга пухăннă. СЕПГ—ПДС, фашизма хирĕçле сопротивлени юхăмĕнче кĕрешнисен комитечĕ тата Германипе Совет Союзĕ хушшинчи туслăх обществи чĕнсе каланипе çав митинга ГДР столицинче пурăнакансем çеç мар, республикăри ытти нумай хуласен представителĕсем те — пурĕ 250 пин çын пухăннă.

Тӳррипе каласан, Европăна ирĕке кăларнă совет воинне асăнса лартнă тĕп памятникран мăшкăлланă хыççăн та, республикăри ытти хуласенче çавнашкал тискер ĕçсем пулса иртнĕ хыççăн та, социализмлă республикăна неофашизм варкămăшĕ сарăлнине ĕненме йывăр. Анчах чанлăхран пăрăнма çук. Тĕпчевсем кăтартса панă тăрăх, неонацистсен пирвайхи ушкăнĕсем кунта 80-мĕш çулсен пуçламăшĕнчех çуралнă. Çак процесса шаклапуçлисен юхăмĕ пулăшнă. Çакна нумай вăхăт хушши никам та ĕненесшĕн пулман. Уйрăмах сĕмсĕр «хулиганесене» хирĕç уголовнăй ĕçсем пуçарнă чухне те сăлтавне Хĕвеланăç çине йăвантарнă. Çакăнпа усă курса, идеологилле хăрушă чир сарăлнăçемĕн сарăлса пынă. Халĕ неофашизм активлă кĕрешме пуçланă ĕнтĕ.

...Çав тери пысăк Трептов-паркра халăх лăк тулли. Ватă çынсем, çамрăксем, хĕрарăмсем, çитĕнсе çитмен çамрăксем пухăннă унта. Курма мар, хăйсен татăклă сăмахне калама пухăннă. Нумайăшĕн аллинче — плакатсем: «Нацистсем, тасалăр кунтан!», «Сылтăмрисене хирĕç пĕрлĕхлĕ фронт туса хурăр», «Хамăрăн тăван çĕршыва нацистсене памастпăр», «Фашизма совет салтакĕ çапса аркатнине эпир асра тытатпăр», «Социализмла ГДРпа ССР Союзне сыхласа хăварăр», «Çĕнтӳ — пултар. нацизм — пĕттĕр»...

Çамрăк хĕрарăм фашизма хирĕçле листовкăсем салатать. «Неофашизм хăрушлăхне хирĕç пурин те пĕрле кĕрешмелле!» — чĕнет вăл.

— Эсир мĕншĕн çакăнта, Трептов-паркра килнĕ? — ыйтатпăр çамрăксенчен.

— Эпир неофашистсен сĕмсĕрлĕхĕ пире тарăхтарнине палăртасшăн. Совет воинĕсене асăнса лартнă памятник çине алă çĕклени вăл — ухмахлăх кăна мар, ниçтен те начартарах.

Фриц Хольгер пенсионер çитмĕлтен иртнĕ.

— Пиншер тантăшăм пекех эпĕ те çакăнта хамăр Совет Союзĕпе пĕр шухăшлă та туслă пулнине палăртас туйăмпа, социализмлă Демократиллĕ Германи Республикине мухтанние палăртас туйăмпа килтĕм. Пирĕн республикăра çĕнĕ фашистсемшĕн те, кивнисемшĕн те вырăн çук. Эпир пурăнакан хальхи йывăр вăхăтра хăшпĕрисемшĕн пирĕн идеалсем «кивелнĕ» пек туйăнаççĕ. Анчах çав идеалсемшĕн вуншар пин çын сасăлать...

Çав каç митинга пухăннисенчен нумайăшĕ хăйсен шухăшĕсене пĕлтерчĕç. СЕПГ—

«СОВЕТСКАЯ ТАТАРИЯ».

## Паркет ытларах пулĕ

Стройплощадкăри ĕçсем ăнăçлă пырасси кунта тăвакан объектсене пурлăхпа вăхăтра тивĕçтерсе тăнинчен нумай килет. Производство предприятийĕсен комбиначĕ столяр тата тимĕр-бетон изделийĕсене сурт-йĕр строительстви управленине парса тăрать. Халĕ кунта реконструкци ĕçĕсем пыраççĕ, анчах коллектив ăна продукци туса кăларнин калăпăшне чакармасăрах пурнăçлать.

Ăмĕртура паркет кăларакан цех ырă тĕслĕх кăтартать. Иртнĕ çул ку коллектив продукци туса кăларассине 15 процент ÿстернĕ. Пĕтĕмпе стройкăсене 85 пин тăваткал метр паркет ăсатнă. Кăçалхи январĕн пĕрремĕш вунăкунлăхĕнче цех 2,4 пин тăваткал метр паркет туса кăларнă.

«УДМУРТСКАЯ ПРАВДА».

## Хуçалăх расчечĕ пулăшать

Хуçалăха тытса пымалли экономика меслечĕсене ĕçе кĕртнĕ май коллектив ăнăçлă ĕçлесси шалти резервсемпе эффективлă усă курнинчен, пысăк пахалăхлă продукци туса кăларнинчен тата унăн калăпăшне, ассортиментне анлăлатнинчен нумай килет. Иртнĕ çул Йошкар-Олари çĕвĕ фабрики те хăйĕн кăтартăвĕсене палăрмаллах лайăхлатнă. Договор обязательствисем тăрăх продукци парса тăмалли плана коллектив ăнăçлă пурнăçланă. Планран иртерсе халăх ыйтакан таварсене 1,2 миллион тенкĕлĕх ытла туса кăларнă, сутуилĕве ăсатнă.

«МАРИЙСКАЯ ПРАВДА».

## Пĕтĕмпех халăх валли

«Электровыпрямитель» производство пĕрлешĕвĕн 6-мĕш цехĕнче йĕлара усă курмалли 19 йышши тавар кăлараççĕ. Вĕсем хушшинче — электрокăмакасемпе стабилизаторсем, ытти япаласем. Иртнĕ çул кунта 14 миллион тенкĕлĕх продукци хатĕрленĕ. Çулталăкри плана ăнăçлă пурнăçланă. Кăçал коллектив халăх валли тата тепĕр тăватă çĕнĕ продукци кăларма хатĕрленет. Малашне кунта кĕпе çумалли машинăсем те кăларма пуçлĕç. Коллектива мораль тĕлĕшĕнчи пару-тăру лайăх. Аслисем çамрăксене хăйсен опычĕпе паллаштараççĕ.

«СОВЕТСКАЯ МОРДОВИЯ».





амăшĕ мĕн ачаран хăнăхтарнă. «Асли, Игорь, пиллĕкмĕш класра вĕреннĕ чухнех сăватчĕ. Валерий те ĕçре ÿркенсе тăман», — тет амăшĕ Серафима Ивановна Сергеева.

Вĕчен çемьесем сыснасене государствăна леçнĕ хыççăнах тепĕр вăтăр çура илме шутлаççĕ. Кун пирки совхоз[...] калаçса татăлнă.

Çакă хуçалăха тата Сергеевсен çемйисене мĕн паратьха?

Икĕ енне те пысăк усă кÿрет. Совхоза, сăмахран, темиçе тонна аш-какай туса илме пулăшать. Сергеевсем те сахал мар тупăш илеççĕ. Государство ашшăн тÿлекен укçа-тенкĕ, совхозран илнĕ çăвăрсен висине тата апат валли тухакан тăкаксене шута илмесен, пĕтĕмпех вĕсене юлать.

Çапла, килти хуçалăхра выльăх-чĕрлĕх самăртакансен йышĕ халĕ хушăнсах пырать. Совхозăн главнăй зоотехникĕ пире çакна çирĕплетсе паракан ытти тĕслĕхсем те сахал мар илсе кăтартрĕ. Тимĕрçкассинчи сĕтсу комплексĕн заведующийĕ В. Иванов, сăмахран, килте самăртма хуçалăхран 10 вăкăр илнĕ. Совхозри рабочисем иртнĕ çул хăйсен хуçалăхĕсенче совхоза 200 ытла сысна, 107 вăкăр самăртса панă.

Çемьесене выльăх самăртма ытларах хавхалантарас тĕллевпе совхоз тырă тата улăм уйăрса парать. Вĕсене рабочисем государство хакĕпе тÿлесе илеççĕ.

И. ЯКОВЛЕВ.

Ÿкерчĕксем çинче: Юлия, Наталья тата Валерий Сергеевсем; килти витере.

С. Игнатьев фотоÿкерчĕкĕсем.

[...]влăсĕсене çĕршывра пулса тăнă лару-тăрăва тĕплĕн тишкерме хистесе çитернĕ. Республикăн генеральнăй прокуратури уголовнăй полици руководствипе пĕрле Демократиллĕ Германи Республикинче неонацистсен активлăхĕ ÿсме пуçланă пирки пăшăрханнине палăртнă. Анчах генеральнăй прокуратура çĕршывра неонацистла структурăсем çук, тесе шутлать. Паллă ĕнтĕ, ГДРпа ФРГ тата Хĕвеланăç Берлин хушшинчи чикке уçнă май халĕ çав тери сыхă пулмалла. Республикăн уголовнăй полицийĕ пĕлтернĕ тăрăх, 1988 çулта неонацистсене хирĕç 185 ĕç пуçарнă пулсан, 1989 çулхи вунпĕр уйăхрах 296 ĕç пуçарнă. Халăх полицийĕ сылтăмри радикалсемпе çыхăннă 1.100 çынна пĕлет. Ытти çавăн йышши группировкăсем пурри те паллă. Вĕсем чи малтанах çамрăксене тискер ĕçсем тумашкăн хĕтĕртме тăрăшаççĕ. 1989 çулхи сентябрьчченех республикăра урăх çĕршыв çыннисем çине, çар çыннисем çине, çавăн пекех СЕПГ значокне çакса çÿрекен граждансем çине тапăннисем пулнă. Халăх полицийĕ пĕлтернĕ тăрăх, неофашистсен лозунгĕ çакăн пек: «Ют çĕршыв çыннисем тухса кайччăр, коммунистсене персе вĕлермелле».

Берлинти Трептов-паркра [...]телешĕнчен мĕнле шухăш-кăмăллă пулни çакăнтан паллă ĕнтĕ. Дрезден округĕнчех Герлиц хулинче çапла çырса хунисем пулнă: «Ют çĕршыв çыннисем тухса кайччăр», «Еврейсем тухса кайччăр», «Республиканецсене суйлăр». Паллă ĕнтĕ, «республиканецсем» — Федерациллĕ Германи Республикинчи сылтăмри радикалсен неофашистла партийĕ.

Событисене тишкернĕ май профсоюзсен «Трибюне» хаçачĕ Демократиллĕ Германи Республикинче сылтăмри радикалсен активлăхĕ ÿснине «хăрушă вăйă» вырăнне хурать. Çакăнпа пĕрлех хаçат çĕршывра неонацистла идейăсене саракансем йышлă пулманнине палăртать. Çамрăксен «Юнге вельт» хаçачĕ хăрушлăх пысăк пулнине, ăна хирĕç кĕрешме кирлине палăртать. Демократиллĕ Германи Республикинче тĕрлĕ йышши экстремистсем, çав шутра неофашистсем сĕмсĕрленме пуçлани хытă шухăшлаттарать. Республикăра çĕнетÿ процесĕсем вăйланса пынă, пурнăçа пур енĕпе те тĕпрен çĕнетсе улăштарма тытăннă хальхи тапхăрта çакнашкал лару-тăру питĕ хăрушă.

Нацизм çулĕпе пыракансем сĕмсĕрленни ГДР гражданĕсене хытă тарăхтарать. Январь [...]

[...]сĕрлĕхĕ пире тарăхтарнине палăртасшăн. Совет воинĕсене асăнса лартнă памятник çине алă çĕкленин вăл — ухмахланнипе те начартарах.

Фриц Хольгер пенсионер çитмĕлтен иртнĕ.

— Пиншер тантăшăм пекех эпĕ те çакăнта хамăр Совет Союзĕпе пĕр шухăшлă та туслă пулнине палăртас тейăмпа, социализмлă Демократиллĕ Германи Республикине мухтанине палăртас тейăмпа килтĕм. Пирĕн республикăра çĕнĕ фашистсемшĕн те, кивисемшĕн те вырăн çук. Эпир пурăнакан хальхи йывăр вăхăтра хăшпĕрисемшĕн пирĕн идеалсем «кивелнĕ» пек туйăнаççĕ. Анчах çав идеалсемшĕн вуншар пин çын сасăлать...

Çав кас митинга пухăннисенчен нумайăшĕ хăйсен шухăшĕсене пĕлтерчĕç. СЕПГ — ПДС председателĕ Грегор Гизи çапла каларĕ: «Совет Союзĕнчи çĕнетÿ Демократиллĕ Германи Республикине демократилле улшăнусен çулĕ çине тăма пулăшрĕ. Çавăнпа та пирĕн антисоветизмăн кирек мĕнле палăрăмне хирĕç те кĕрешмелле. Пирĕн çĕршыва сылтăмри хăрушлăх хăратать. Ăна хирĕç пĕрлĕхлĕ фронтпа кĕрешĕве çĕкленер!»

М. ВОРОНЕНКОВ, ТАСС корр.

Берлин.

## Çирĕп çыхăну тытасшăн

ВАШИНГТОН. Америкăпа Совет Союзĕ хушшинчи хутшăнусем енĕпе ĕçлекен комитет икĕ çĕршыв хушшинчи сутуилĕпе экономика çыхăнăвĕсене йĕркелесе çитерес çул çинчи чăрмавсене пĕтерме чĕнсе каланă. Комитет Пĕрлешÿллĕ Штатсенчи паллă политика представителĕсене, ĕçлĕ ушкăнсен тата академи ушкăнĕсен представителĕсене пĕрлештерсе тăрать. Комитет салатнă заявленире США конгресĕ умне Джексон-Вэник тÿрлетĕвне — икĕ çĕршыв хушшинчи суту-илĕве аталантарма чарса тăракан тÿрлетĕве пĕр тăхтаса тăмасăр пăрахăçлама требовани лартнă. «Совет Союзĕнче хальхи вăхăтра пулса иртекен улшăнусене шута илсе, Джексон-Вэник тÿрлетĕвне пула тухса тăнă чăрмавсене пĕтермелле, ытти нумай çĕршывсем пекех Совет Союзне те суту-илÿре чи лайăх условисем туса памалла», — тенĕ документра.

(ТАСС).

## Идеологи пайне килнĕ çырусем

# Хамăра хамăр улталар мар

Сталин çĕршыври халăха мĕнле нуша кăтартнине халĕ пурте пĕлеççĕ. Вăл В. И. Ленин çул-йĕрĕпе пынă парти ветеранĕсене, Хĕрлĕ Çарăн паллă командирĕсене нумайăшне пĕр айăпсăрах вĕлерттерсе пĕтернĕ. Колхозсем йĕркеленĕ вăхăтра хресченсене пайтах инкек кăтартнă. Çав тапхăрти пурнăç пирки сивлесе каланă пĕр сăмахшăн та тĕрмене лартнă. Пĕр-пĕринчен шикленсе-хăраса пурăнмалли лару-тăру туса хунă. Кĕскенрех каласан, çынна çын вырăнне хуни пулман. Çакă пĕтĕмпех Сталинран килнĕ.

Çавăн пирки хаçат-журналсенче чылай çырчĕç пулин те, хăшпĕрисем çав-çавах Сталин ячĕ умĕнче пуç таяççĕ. Çăмăл автомашина е автобус кантăкĕ çине Сталин портретне çыпăçтарса хунине курма пулать. Шутлатăп та, Сталин нушине курман çынсем çеç çапла тума пултараççĕ. Ыйтас килет: хăвна ют çынпа пĕр çуртра пурăнма килĕшет-и? Çук, паллах. Чун-чĕрене тăвăр пулĕччĕ апла, пурнăç тамăк евĕр пулĕччĕ. Сталин портретне кăкăр кĕсйинче чиксе çÿрени е машина кабининче хăвпа пĕрле çÿретни те çавах.

Сакăн пек сăмах каланине те илтме пулать:

— Эх, Сталин пулсан, çак япалана курас çукчĕ,— теççĕ теприсем, çĕршыври лару-тăру юлашки çулсенче кăткăсланнă пирки.

Тĕрĕссипе, нацисем хушшинчи хăшпĕр пăтăрмахсен, йывăрлăхсен тымарĕ шăпах Сталин саманинче пуçланнă-çке. Пурнăçра халь хамăра кунран-кун пăшăрхантаракан пысăк инкексене Сталин диктаторла пуç пулса тăни, халăха çын вырăнне хуманни çуратнă.

Çавăнпа çапла каласшăн: Сталина тата унăн çывăх çыннисене ырă пек шутласа, хамăра хамăр улталар мар, пурнăç çине тĕрĕс пăхар. Малашне ун пек ан пултăр тесе, мĕн кирлине пĕтĕмпех тăвар. Парти тĕрĕс çул-йĕр палăртрĕ — власа халăх аллине памалла. Ку вăл Сталин вăхăтĕнчи пек йĕрке пуласран сыхланмалли пĕртен-пĕр çул-йĕр.

А. ПЕТРОВ, ĕçпе вăрçă ветеранĕ. Вăрмар районĕ.

# Тĕлпулу ирттересчĕ

Фронтра тĕрлĕ наци çыннисем, пĕр тăвансем пек пулса, тăшмана хирĕç мĕнле çапăçни çинчен мĕн чухлĕ тĕслĕх пĕлеççĕ ветерансем. Тĕрĕссипе, кашни вăрçă ветеранĕн кунçулĕ — пурнăç шкулĕ. Вăрçă нуши-тертне тÿссе курманнисемшĕн усăлли питĕ нумай вĕсен асаилĕвĕнче. Çавăнпа та вăрçа хутшăннисен тата тылра ырми-канми ĕçленисен асаилĕвне упраса хăвармалла. Аслă Отечественнăй вăрçа хутшăннисен йышĕ çултан-çул чакса пынă май ку тĕлĕшпе халĕ мĕн тумалли çинчен шутламалла.

«Чувашия» санаторире сиплennĕ чух хам пекех ветерансемпе çавăн пирки текех сÿтсе яврăмăр. Çамрăксене хамăрăн асаилÿпе паллаштарма ветерансемпе тĕлпулу ирттерни питĕ вырăнлă. Калăпăр, пĕр фронтра çапăçнисен тĕлпулăвĕсене ирттерсен аван. Хама çывăх пулнине кура манăн Ленинград тата Волхов фрончĕсенче çапăçнă çынсен тĕлпулăвне йĕркелеме сĕнес килет. Шупашкарта ирттерсен аван. Мĕншĕн тесен эпир, ветерансем, ватăлса çитнĕ май, Ленинграда е ытти çĕре аякка каяймастпăр.

Çавăн пек тĕлпулусене, ман шутпа, вырăнти çарĕç комиссариачĕсен йĕркелемелле.

А. СТЕПАНОВ, вăрçă ветеранĕ. Муркаш районĕ, Çĕн Чемей ялĕ.

# Пирĕн ăçтан тупмалла?

Юлашки çулсенче халăха кирлĕ таварсем нумайăшĕ дефицит шутне лекрĕç.

Иртнĕ çултан пуçласа, 3 пуслăх тăракан шкул тетрачĕсем те дефицит пулса тăчĕç ĕнтĕ.

Юрĕ, çак тетрадьсене шкул ачисене талонпа параççĕ, тейĕпĕр. Çав вăхăтрах шкул ачисемсĕр пуçне хулара студентсемпе училищесенче вĕренекенсем те пур вĕт-ха. Чылайăн вĕсем. Çак шкул тетрачĕсем вĕсене те питĕ кирлĕ. Пĕтĕм предметпах хулăн тетрадь пуçлаймăн: вĕренÿ çулĕ вĕçленнĕ тĕле ăна çурри те çырса тултараймăн. Ахалех сая каять. Хулăн тетрадьсем те сутуилÿре пĕр вăхăт пулаççĕ те пач çухалаççĕ.

Шкул тетрачĕсене талонпа сутасси çинчен йышăннă вăхăтра мĕн шухăшланă-ши пуçлăхсем? Шупашкарта кăна пурĕ 4 аслă вĕренÿ заведенийĕ, техникумсем 10 ытла, профтехучилищĕсен шучĕ унтан та ытларах. Студентсемпе училищĕсенче вĕренекенсем валли тетрадьсем уйăрма юраман-ши?

Шкул тетрачĕсене талонпа сутассине кирлĕрен йышăннă пулĕ. Анчах та çак талонсем студентсемпе училищĕсенче вĕренекенсем патне хăçан çитĕç?

В. ЖИРНОВ, университет студенчĕ.

«КОММУНИЗМ ЯЛАВНЕ» ОТВЕТПЕÇÇĔ

## «Кĕтне таса мар»

Çак ятпа пичетленнĕ статьяри фактсене главнăй землеустроитель-инженер В. Васильев вырăна кайса тĕрĕслерĕ. Вĕсем тĕрĕс пулнине палăртрĕ. «Тегешевский» совхозри Хĕрлĕçырти сысна ферминчен тухакан тислĕк шывĕ Кĕтне юханшывне варалать. Тислĕке компост хываллн вырăна турттарма ятарласа транспорт уйăрман.

Çак çитменлĕхсене совхозри партии усă пухăвĕнче сÿтсе явнă, унта çыру авторĕ те хутшăннă. Пĕчĕк юханшывсене хÿтĕлеме конкретлă мерăсем йышăннă. Ферма йĕри-тавра тăпраран валсем туса тухма, тислĕке турттармашкăн транспорт уйăрма палăртнă.

Кĕтне юханшывне варалананшăн айăплисене ответ тыттарма тĕрĕслев материалĕсене районти халăх контроль комитетне панă.

Г. МИХАЙЛОВ, Вăрмар РАПОвĕн председателĕ.

# РЕДАКЦИ ПОЧТИНЧЕН

## Камăн мĕншĕн ăш вăркать

Чăнкасси ялĕнчи медпунктра медсестрасем çукки пирки тарăхса çыратăп. Эпĕ — иккĕмĕш группа инваличĕ. Астма чирĕпе асапланатăп, тепĕр чухне медработниксен пулăшăвĕ питĕ кирлĕ, анчах пулăшаканĕ çук-çке. Октябрьскинчи участок больницине аран-аран çитсе килтĕм. Вырăн çук тесе, каялла ячĕç унтан.

Совхозра 23 çул тракториста ĕçлерĕм. Халĕ ĕнтĕ эпĕ никама та кирлĕ мар иккен.

В. ИСАКОВ.
Сĕнтĕрвăрри районĕ.

●

*Манăн юлташăм Кӳкеç поселокĕнче, Шуршăл урамĕнче, 15-мĕш çуртра пурăнать. Ку çурта 1979 çулта туса лартнă. Пĕлĕшĕм вара кунта пĕр-икĕ çул кăна пурăнать-ха. Пĕтĕмпех аван темеллеччĕ, — пĕр кăлтăк пур: çурта туса лартнă, анчах радио кĕртсе хăварман. «Ыттисен, юнашар çуртсенче пурăнакансен, пур, пирĕн çуртра çук вара», — чунтан пăшăрханать юлташăм. Тăвата çемье пурăнать çак çуртра. 1988 çулхи декабрьтенпе сыхăну уйрăмĕнче ĕçлекенсем пĕрре килсе пăхса кайнă та, çухалнă. Пăралук çук имĕш...*

*«Сывăрма выртатăп та — йăшăлтататăп, йăшăлтататăп, ниепле те сывăрса каяймастăп, çав радиона пула пуçа тем тĕрлĕ шухăш та пырса çапăнать. Ара, Шуршăл качи космосран та чăвашсен çепĕç, кăмăла уçакан юррисене илтме пултарнă, эпир вара Светлана Асаматăн, Иван Христофоровăн çепĕç сассисене хăçан илтнине те манса кайнă», — мăнпа калаçса чуне лăплантарать тусăм.*

*Эппин, çĕнетӳ Кӳкеçе çитеймен-ха?*

*Кӳкеçри сыхăну уçелĕнче ĕçлекенсенчен çапла ыйтас килет: халăх ыйтăвĕсене вăхăтра пурнăçламаншăн, ырана хăварса пынăшăн кам ответлă?*

*Вырăнти Советсен те пурнăçри чăрмавсемпе тӳнтерлĕхсене васкавлăнрах пĕтерессишĕн çине тăрарах ĕçлесчĕ.*

И. ЧЕРМАКОВ.

●

Тĕпĕнмелле мар-и: çĕр пин юрă, çĕр пин тĕрĕ çĕршывĕнче паяна çитсе те çамрăксем валли чăвашла тухса тăракан хаçат-журнал çук. «Хатĕр пул» тата «Пионер сасси» шкул çулĕнчи ачасене валли, тейĕпĕр. Вĕсенчен аслăраххисем валли мĕн! Пур-ха «Молодой коммунист» хаçат. Анчах вырăсла тухать-çке. Пирĕн тăван чĕлхепе ыйтларах вулас килет.

Нумаях пулмасть Çеçпĕл çуралнăранпа 90 çул çитнине халалласа ятарлă кăларăм тухнăччĕ. Кама мухтамаллине пĕлместĕп, паллах, çашни ĕçрех пуçаруçă пур. Чăваш комсомолĕ çĕнетӳшĕн пыракан кĕрешӳре пуçаруллă пулнăшăн ырлатăп. Пĕрремĕш утăм пур. Пуçланă ĕçе вĕçне çитересчĕ. Çамрăксен пупăшу сассине илтмĕш пулни хамăра хамăр хисеплеменнине кăтартакан тĕслĕх мар-ши тата!

В. КРУГЛОВ.
Елчĕк районĕ,
Курнавăш ялĕ.

●

*Пирĕн чĕлхеçĕсене паянхи шкул пурнăçĕ пĕртте хумхантармасть пулас. Акă IV — V классенче, чĕлхе урокĕсенче «Орфографи словарĕпе усă курма хăнăхтарасси» темăна илсен, шалтах аптрамалла. Çĕнĕ орфографи словарьне кăларнăранпа нумай çул иртсе кайрĕ. Словарьсем ниçта та çук. Ку вара чĕлхепе çыру ĕçне чылай ыйвăрлатать. Вĕренекенсем словаре алла тытса сăмаха мĕнле çырмаллине шыраса тупсан, çак сăмах унăн асĕнче яланлăхах юлнă пулĕччĕ.*

*«Коммунизм ялавĕ» хаçатра (1989, январь, 8) пичетленнĕ «Орфографие çамрăк ăрушăн лайăхлатмалла» статьяра орфографи комиссийĕн членĕсем, наука тĕпчев институчĕн чĕлхе уйрăмĕн заведующийĕ И. Павлов доцентпа Чăваш государство университечĕн чăваш чĕлхи кафедрин доценчĕ Ю. Виноградов çапла çырнă: «Словарь тенĕрен, ăна хатĕрлесе çитернĕ, çĕнĕ правилăсен шайне лартмалли çеç юлнă». Хăçанччен пырĕ ку ĕç — паллах те çук. Эпир вара орфографи словарĕсене кĕтсе ывăнтăмăр. Çакна та каласа хăварас килет. Ялти шкулсенче уроксем ирттерме вĕренӳ хатĕрĕсем çитмеççĕ. Чăваш чĕлхипе литература урокĕсенче, акă, кино, диафильмсем кирлĕ, тĕрлĕ темăпа пластинкăсем кăларассине те йĕркелемелле. IV — VI классенче чăваш чĕлхи таблицисемпе ĕçлемелли методика кăтартăвĕсем туса хатĕрлени аван, паллах. Анчах та таблицăсем сарлака, хучĕ çӳхе, тыткалама меллĕ мар, хăвăрт çурăлаççĕ. Таблицăсене Чăваш кĕнеке издательстви хытă хут çине кăларма пултараймасши? Картон çине çыпăçтарма та май пулнах пулĕ. Халĕ вара, издательство тимсĕрлĕхне пула, таблицăсене час-часах юсама тивет.*

Г. ТАКИН,
Çĕнĕ Шăхранти тулли мар вăтам шкул учителĕ.
Комсомольски районĕ.

●

Шупашкар хулинчи общество апатлану предприятийĕсенче кукăль сахал мар сутаççĕ. Вĕсене пулăпа симĕс суханран, йӳçĕтнĕ купăстаран, кишĕртен, рисран, çĕрулмиран пĕçереççĕ. Хуплу та çынсемшĕн паха апат шутланать. Анчах мана акă мĕн тĕлĕнтерет: час-часах вĕсене купăстапа ашран, риспа ашран, симĕс суханран, повидлĕран пĕçернĕ тесе шантараççĕ. Кулленхи пурнăçра ун пек мар-çке. Акă, купăстапа ашран хатĕрленĕ кукăль туянатăп. Унта аш татăкне мар, тĕпренчĕкне те кураймастăн. Рис кĕрпипе ашран пĕçернĕ текеннинче те çавнашкалах.

Паллах, общество апатлану предприятийĕсене кукăль пĕçерме продукци сахал мар уйăрса параççĕ. Ашĕ вара кукăле мар, унта ĕçлекенсен сумкисене лекет пулас. Эпир ашпа пĕçернĕ тесе хакне ытларах тӳлетпĕр. Вăхăт мар-ши çак ситменлĕхе пĕтерме! Халăх контролерĕсен, ĕççыннисен тĕрĕслевĕн ушкăнĕсен ку тĕлĕшпе «шăллăрах» пулмалла.

В. ВИКТОРОВ.

●

Çак рубрикăпа пичетленнĕ заметкăна (Д. Булавкин, пĕлтĕрхи декабрĕн 26-мĕшĕ) КПСС Муркаш райкомĕн бюровĕн ларăвĕнче сӳтсе явнă. Унта Ильич ячĕпе хисепленекен колхоз председательне Л. В. Степанова та чĕннĕ. Л. В. Степанов, хуçалăхра ача сачĕ тăвас ĕçе кăçалхи январьте çĕнĕрен пуçласа, 1990 çулхи мартра вĕçлеме сăмах панине шута илнĕ.

М. ПУШКИН,
КПСС Муркаш райкомĕн секретарĕ.

●

Хаçатăн иртнĕ çулхи ноябрĕн 22-мĕшĕнчи номерĕнче В. Никифоровăн «Камăн мĕншĕн ăш вăркать» рубрикăпа пичетленнĕ материалне ял Совечĕн ĕçтăвкомĕн ларăвĕнче пăхса тухнă. Унта «Большевик» колхоз руководителĕсем те хутшăннă.

Фактсем тĕрĕс. Хальхи вăхăтра ял урамĕсене каçхине çутатас енĕпе хăшпĕр ĕçсем туса иртнĕ, Пикшик, Çосмер ялĕсенче электричество лампиcене улăштарнă. Çак ĕçе сывăх кунсенче ытти çĕрте те вĕçлеççĕ.

Л. СОЛОВЬЕВ,
Красноармейски районĕнчи Пикшик ял Совечĕн ĕçтăвкомĕн председателĕ.

●

Эконом ялĕнче тăхăр уйăх ĕнтĕ кино кăтартмаççĕ. Хăçан кăтартма пуçласси те паллă мар. Халăх, паллах, пăшăрханать çакăншăн. Çамрăксене каççерен ниçта кайма çук.

А. ИСАКОВ.
Йĕпреç районĕ.

●

Хальхи пурнăçа çирĕммĕш çулсенчипе танлаштараймастăн. Эпĕ выçлăх мĕнне лайăх пĕлетĕп. Çăкăр чĕллишĕн кунне-çĕрне пĕлмесĕр ĕçленĕ. Пуçра пĕр шухăшчĕ — ырăма тарантасси. Хальхи çамрăксенчен хăшпĕрисем пек, урам тăрăх сĕтĕрĕнсе, кампа хирĕçес-ши тесе çӳремен. Выçă чух çапăçасси çинчен пуртламастăн. Иртрĕ унашкал самана. Тек нихăçан та ан таврăнтăр.

Магазинсенче халĕ вăл ку çук тесе калаçаççĕ-ха. Пурнăçрех пурнăç япăх темелле мар. Ĕçлесен, пурте пулать.

Эпĕ çамрăксене чун-чĕререн тухакан сăмахсем каласшăн. Мана атте-анне, асатте-асанне, кукаçи-кукамай ырра вĕрентсе, ăс парса, ĕçе хăнăхтарса ӳстернĕ. Вĕсене итленĕ. Хальхи çамрăксен те аслисене итлемелле, хисеплемелле. Пурнăç йĕрки çапла.

Пушă вăхăтра усăллă иртерĕр. Спорт ăмăртăвĕсене активлă хутшăнăр. Юрлăр-ташлăр. Анчах законсене пăхăнăр. Шел те, çамрăксем хушшинче киревсĕр ĕç тăвакансем чылай-ха. Мĕншĕн çапла пулса пырать? Апшĕ-амăшĕ ачисене тивĕçлĕ воспитани парасшăн çителĕклĕ тăрăшмаççĕ. Çак ĕçре йăнăш тăвакансем сахал мар. Пĕррехинче амăшĕ, ача айăплă пулин те, ун хутне кĕчĕ. Ку мĕне пĕлтерет? Ача хăйне, тепĕр киревсĕр ĕç тусан та, ответ тыттарманнине пĕлсе тăрать.

Эпир, ĕçпе вăрçă ветеранĕсем çамрăксемпе ункеçнче çеç тĕлпулатпăр. Май шутпа, ку çителĕклĕ мар. Шкулсене, профтехучилищĕсене час-часах çӳремелле пирĕн, ачасен пушисемпе интересленмелле. Йывăрлăхсене пĕтерме пулăшмалла.

А. НИКИФОРОВ,
«Канаш» колхозри ĕçпе вăрçă ветеранĕсен совечĕн председателĕ.
Канаш районĕ.

Вăтăр çула яхăн ĕçлет Шупашкар районĕнчи СССР 50 çул тултарнă ятпа хисепленекен совхозра А. Мартьянов токарь. Хальхи вăхăтра вăл ялхуçалăх техникине юсанă çĕре хастар хутшăнать.

● Алексей Тимофеевич Мартьянов токарь.

В. Романов фотоӳкерчĕкĕ.

● Архива яма иртерех

## Тырă çĕрет. Кирлĕ пек упраманнипе çеç-ши?

РЕДАКЦИЕ Комсомольски районĕнчи «Урожай» колхоз ĕçченĕсенчен çыру килчĕ. Çапла пĕлтернĕ унта: «Хуçалăхри складсенче тырă çĕрме пуçланă, лайăххи колхозниксене памалăх та çук. Пилĕкмĕш, тăваттăмĕш, виççĕмĕш бригадăсенче пĕтĕм тырă çĕрсе кайнă, лару-тăру уйрăмах тăваттăмĕш бригадăра йывăр». Çырăва тĕрĕслесе мерăсем йышăнма Комсомольски районĕнчи халăх контроль комитетне ярса патăмăр. Акă мĕн пĕлтерчĕ редакцие унăн председателĕ Г. Ф. Павлов: «Урожай» колхоз членĕсем хуçалăхра тырра япăх упрани çинчен çырнă çырăва вырăна кайса тĕрĕсленĕ. Чăн та, виççĕмĕшпе тăваттăмĕш бригадăсенче 38 тонна кĕрхи ыраш кăвакарса кайнине палăртнă.

Хуçалăх руководителĕсемпа специалистсене эрне хушшинче тивĕçлĕ мерăсем йышăнма сĕннĕ. Çак вăхăтра пăсăлнă тырра сортировка витĕр кăларса тасатнă, сăлĕпе тулă хутăштарса, выльăха çитерме фураж хатĕрленĕ.

Районти халăх контроль комитечĕ хушнипе ку ыйтăва колхоз правленийĕн ларăвĕнче пăхса тухнă. А. П. Яковлевпа В. И. Давыдов кладовщиксене тырра тирпейлĕ упраманшăн çирĕп выговор панă, 1989 çулшăн тивекен премисĕр хăвармалла тунă.

Районти халăх контроль комитечĕ «Урожай» колхозăн председательне А. Н. Ершова тата главнăй агрономне М. Н. Курбатина çирĕп асăрхаттарнă».

ÇАПАХ ТА Комсомольски районĕнчи халăх контроль комитетĕнчен килнĕ ответпа çырлахма çук-ха. Мĕншĕн тесен жалобăра хускатнă хăшпĕр ыйтусем çине хуравламан унта. Тĕслĕхрен, «Урожай» колхоз ĕçченĕсем ĕç кунĕшĕн тивекен тырра илейменнишĕн пăшăрханаççĕ. Анчах та Г. Ф. Павлов ун пирки пĕр сăмах та асăнман. Тырра япăх упранипе вăл кăвакарма пуçланă, тет комитет председателĕ. Кирлĕ пек упраманни çеç-ши е малтанах пăсălма пуçланă тырра вăркăнтарнă кĕлете? 38 тонна ыраша юрăхсăра кăларнăшăн уншăн айăплă çынсене çирĕп выговор панипех çырлахни тĕлĕнтерет. Жалобăна «Урожай» колхоза кам кайса тĕрĕсленĕ-ши? Çакă та паллă мар. Çапла вара Комсомольски районĕнчи халăх контроль комитетĕнчен туллирех ответ килессе шанас килет.

РЕДАКЦИН ÇЫРУСЕН ПАЙĔ.

● Вулакан шухăшĕ

## Нимĕнле ракета кирлĕ мар

Хальхи вăхăтра çутçанталăка, ӳсентăрансене, сывлăша, шыв тасалăхне сыхласси çинчен нумай çыраççĕ, телевизорпа кăтартаççĕ, радиопа калаçаççĕ. Экологи ыйтăвĕ çивĕчленсех çитрĕ. Ун пирки чылай закон йышăнаççĕ. Çак ыйтăва çитес вунă çул хушшинче пурнăçлас пирки калама йывăр. Вăл çур ĕмĕрех тăсăлĕ-ха. Çутçанталăк тасамарлăхĕ çултан çул ӳссе пырать.

Елĕкрех атом вăрçинчен хăраттăмăр. Унăн хăрушлăхĕ пĕтсе пырать, теççĕ. Ку та тĕрĕсех мар пек. Икĕ класс ракетисене пĕтернипе хăрушлăх нимĕн чухлĕ те чакмасть. Ун вырăнне, хаçатсенче вуланă тăрăх, хĕçпăшал та, ядерлă державăсем те хушăнсах пыраççĕ. Химзаводсен калийĕсем пиншер кубометр сывлăшпа шыва вараласççĕ. Çаксемпе çине тăрса кĕрешмесен, çĕр çинчи пурнăç атом вăрçисĕрех пĕтсе ларас хăрушлăх пур, теççĕ ученăйсем. Шухăшласа пăхсан, чăнах та, мĕнле чătса пурăнаççĕ-ши чĕрĕ чунсем, ӳсентăрансем тата çын организмĕ! Пĕчĕккĕн-пĕчĕккĕн ханăхса пынăран-ши? Çапах тăрукăх чирлесе ӳкместпĕр-ха.

Енчен те 200—300 çул каялла вилнĕ çынсене тăратса лартас пулсан, вĕсем пĕр уйăх та пурăнайман пулĕччĕç, тесе шутлатăп. Таса мар сывлăшпа, таса мар апат-çимĕçпе чирлесе вилеççех. Эпĕ халь çитмĕлте. Пĕр утмăл çул каялла çантăлăк çав тери таса та илемлĕ пулнине аса илетĕп. Сăрт çамкисенче, катасенче ырă шăршă саракан тĕрлĕ тĕслĕ чечексем ешеретчĕç. Вĕсем çийĕн тĕрлĕрен илемлĕ лĕпĕшсем, тĕкĕлтурасем вĕçетчĕç. Кăтӳ çӳремен унта. Халĕ вăл сăртсем хуп-хура, шурă, хĕрлĕ тăм анчах. Курăк та шăтмасть. Тырă пуссинче тата карăш, пăтене, тăри сасси илтĕнсе тăнă. Чун савăнатчĕ вĕсен сассипе. Çырмасенче, кӳлĕсенче мĕн чухлĕ пулă тытаттăмăрччĕ апасемпе, сĕрекесемпе. Халĕ вĕсем те ĕрчемеççĕ. Шапа сасси илтĕнмест çу каçа та. Вăт мĕнле хăвăрт улшăнчĕ пĕр çын ĕмĕрĕнчех. Çак хăрушлăхран хăтăлас тесе, кашни патшалăх, кашни ĕç коллективĕ, кашни çын çутçанталăка сыхлассишĕн вăй хутăрччĕ.

Т. ГРИГОРЬЕВ.
Тăвай районĕ.

Çĕнĕ рубрика: Тавлашу тĕпелĕ

## «КАЛАМАСĂР ЧУН ЧĂТМАРĔ...»

РЕДАКЦИЕ ЙĔПРЕÇ РАЙОНĔНЧЕН 50—60 ÇУЛА ÇИТНĔ ÇЫНСЕН ПĔР УШКĂНĔНЧЕН ÇЫРУ ЙИЧĔ. АКĂ, ЯТСĂР ТЕСЕ, АРХИВА ЯМА ПУЛАТЧĔ. АНЧАХ АПЛА ТУМА АЛĂ ÇĔКЛЕНМЕРĔ. ПАЛЛĂ МАР АВТОР ПАЯНХИ ПУРНĂÇРИ ТАТСА ПАМАЛЛИ ЧЫЛАЙ СИВĔЧ ЫЙТУСЕНЕ ХУСКАТНĂ. ПАЛЛАХ, ВĔСЕНЧЕН ХĂШĔ-ПĔРИСЕМПЕ КИЛĔШМЕ [illegible] ÇУК. ÇАПАХ ÇЫРУПА ХАМĂРАН [illegible]

Ку енĕпе ют çĕршывсенчен вĕренмелле. Намăс пире: япăх пурăнатпăр тесе кăшкăратпăр, пурнăçа лайăхлатас тесен, пĕтĕм вăйран ĕçлемеллине чухламастпăр-ши? Хуçалăх расчечĕ кирлĕ. Халĕ колхозсенче сехетшĕн тӳлесçĕ. Акă, вырма вăхăтĕнче сехет шутласа пар[illegible]

● Хаçатра çырман пулин те...

## Çĕнĕ çурта кӳçнă

«Эпир виççĕ ачапа кивĕ çуртра пурăнатпăр. Асли икĕ çула çитеймен, кĕçĕннисем — йĕкĕреш, 4 уйăхра. Колхозра çĕнĕ пӳртсем лартрĕç. Эпир те ыйт[illegible]

## Савăнăçăмпа тарăхăвăм

Хаçат-журнал вулама юрататăп. Тăвая чĕлхепе тухакан «Коммунизм ялавне» кĕтсе кăна пурăнатăп. Хаçатсем килмен кун пушшăн, кичеммĕн иртет. Çĕнĕ номере алла тытсан, вуласа тухмасăр чун чăтмасть. Интереслĕ статьясемпе ĕçри юлташсене паллаштаратăп. Вĕсемпе пĕрле сӳтсе яватпăр.

Чылайăшĕ эпĕ хистенипех кăçал «Коммунизм ялавне» илсе тăма пуçларĕ.

## Тимлĕ Тимуш

Вăтă киномей ирех

лĕнчи ачасене валли, тейĕпĕр. Вĕсенчен аслăраххисем валли мĕн? Пур-ха «Молодой коммунист» хаçат. Анчах вырăсла

вăрçă ветеранĕсен совечĕн председателĕ.
Канаш районĕ.

довщиксене тырра тирпейлĕ упраманшăн çи-

РЕДАКЦИН ÇЫРУСЕН ПАЙĔ.

рă пуссинче тата карăш, путене, тăри сасси илтĕнсе тăнă. Чун савăнатчĕ вĕсен сассипе. Çырмасенче, кӳлĕсенче мĕн чухлĕ пулă тытаттăмăрччĕ аласемпе, сĕрекесемпе. Халĕ вĕсем те ĕрчемеççĕ. Шапа сасси илтĕнмест çу каçа та. Вăт мĕнле хăвăрт улшăнчĕ пĕр çын ĕмĕрĕнчех. Çак хăрушлăхран хăтăлас тесе, кашни пĕтĕмĕшле, кашни ... коллективĕ, кашни çын çутçанталăка сыхлассишĕн вăй хутăрччĕ.

Т. ГРИГОРЬЕВ.
Тăвай районĕ.

Çĕнĕ рубрика: — Тавлашу тĕпелĕ

# «КАЛАМАСĂР ЧУН ЧĂТМАРĔ...»

**РЕДАКЦИНЕ ЯЕПРЕÇ РАЙОНĔНЧЕН 50—60 ÇУЛА ÇИТНĔ ÇЫНСЕН ПĔР УШКĂНĔНЧЕН ÇЫРУ КИЛЧĔ. АНА, ЯТСĂР ТЕСĔ, АРХИВА ЯМА ПУЛАТЧĔ. АНЧАХ АПЛА ТУМА АЛĂ ÇĔКЛЕНМЕРĔ. ПАЛЛĂ МАР АВТОР ПАЯНХИ ПУРНĂÇРИ ТАТСА ПАМАЛЛИ ЧЫЛАЙ ÇИВĔЧ ЫЙТУСЕНЕ ХУСКАТНĂ. ПАЛЛĂХ, ВĔСЕНЧЕН ХĂШĔ-ПĔРИСЕМПЕ КИЛĔШМЕ ÇУК. ÇАПАХ ÇЫРУПА ХАМĂРАН ВУЛАКАНСЕНЕ ПАЛЛАШТАРАС ТЕРĔМĔР. КАМ КИЛĔШĔ УНТИ ШУХĂШСЕМПЕ, КАМ ХИРĔÇЛĔ-ТЕ. ТĔН, УН ПИРКИ РЕДАКЦИНЕ ТЕ ÇЫРСА ПĔЛТЕРĔÇ.**

«Эпир, ялта пурăнакан 50—60-ти хĕрарăмсемпе арçынсем, çапла шутлатпăр: мĕншĕн-ха ялсенче çуртсем лартмалла? Çамрăксем пĕрех хулана каяççĕ вĕт. Хуларн заводсенче, предприятисемпе организацисенче, штатсене пĕчĕклетнĕ май, ял çамрăкĕсемсĕрех ĕç шыраса çӳрекенсем сахал мар. Ялсенче вара бригада ĕçне хутшăнакансенчен ытларахăшĕ —пенсионерсем.

Çĕршывра мĕнле кăна профессн çук пуль, анчах усси — висĕ пуслăх. Мĕне вĕреннĕ вĕсем? Ученăйсем пĕр йĕркеллĕ япала шутласа кăлараймаççĕ-çке. Пĕррехинче телевизорпа акă мĕн пĕлтерчĕç. Италирен илсе килнĕ станокпа пир-авăр тăртетпĕр иккен. Çиппи юрăхсăр пулнипе станокĕсем усăсăр лараççĕ. Макарон касакан станока вара Швейцарирен кӳрсе килнĕ. Çакăншăн ют çĕршывсене мĕн паратпăр-ха? Газ, çĕркăмрăкĕ, нефть, ылтăн. Станок ăсталама пĕлмен ученăйсем пирки мĕн шутламалла капла?

Ялсенче ĕçсе-çапăçса çӳрекенсем сахал мар. Ял Советĕнче ĕçлекенсем вĕсене курмăш пулаççĕ. Ячĕшĕн ĕçлекелесех укçа илеççĕ унти работниксем. Енчен те вĕсене ĕçрен хăтарсан, тата ăшăрах кĕтес тупса параççĕ. Кун пек фактсем çинчен радиопа та итленĕ, хаçатсенче те вуланă.

Çĕршыв йывăр лару-тăрура. Халăх депутачĕсен съездĕсем, сессисем уйăхĕ-уйăхĕпе пыраççĕ. Тем калаçаççĕ, итлесе йăлăхрăмăр ĕнтĕ. Анчах ĕçĕ ăçта-ха? Конституцин статйисемпе пункчĕсене улăштарса пăрахăçланипех çĕршыв ура çине тăраймасть пулĕ. Ĕçлемелле.

Ку енĕпе ют çĕршывсенчен вĕренмелле. Намăс пире: япăх пурăнатпăр тесе кăшкăратпăр, пурнăçа лайăхлатас тесен, пĕтĕм вăйран ĕçлемеллине чухламастпăр-ши? Хуçалăх расчелĕ кирлĕ. Халĕ колхозсенче сехетшĕн тӳлесçĕ. Ака, вырма вăхăтĕнче сехет шутласа лармалла мар ĕнтĕ, мĕн чухлĕ ĕçлесе илнине йăлтах памалла.

Юлашки вăхăтра тăван чĕлхе пирки ытлашшипех калаçма пуçлерĕç. Питĕ вăрçас килет вĕсене. Калăн, урăх ĕç те çук вĕсен. Хула ачисене ирĕксĕрлесе чăвашла вĕрентни мĕн тума кирлĕ вара? Пирĕн мăнуксем те чăвашла пĕлмеççĕ, халь тинех калаçтараймăн ĕнтĕ тăвĕн чĕлхепе. Кам мĕнле калаçас тет, калаçтăр, чару ан пултăр. Сăмахран, пире хуть те мĕнле каласан та, эпир вырăсла вĕренейрес çук. Кам çакна тупса кăларнă-ха, çынсене хирĕçтермеллине?

Кам мĕнле калаçас, вулас тет — хăйĕн ирĕкĕ пултăр. Тепĕр чухне, акă, радиопа библиотекарьсем калаçнине итлеме пулать. Хăшĕсем ялта вулакансен йышĕ ӳсни çинчен мухтанса пĕлтереççĕ. Пит вуласах лараççĕ пуль, пур-ха ĕнтĕ вулакансем те. Çапах та тепĕр чухне, ытларах кăтартас тесе, вулакансен списокне пачах кĕнеке тытса курман çынсене, вăсен ячĕсене кĕртеççĕ. Е шкул ачисем килĕрен кĕнекесем валеçсе çӳреççĕ.

Çамрăксем ялти ĕçсенчен хăрани, йĕрĕнни тарăхтарать. Мĕншĕн ĕçлес мар вĕсен дояркăра е скотникре, шоферта е трактористра? Çук вĕт, пурте хулана талпăнаççĕ. Лере, пушă вăхăтра, ним тума аптраса, иртĕхме пуçлаççĕ. Темле хулиганла ĕç те тăваççĕ: çынна вĕлереççĕ, хваттерсене çаратаççĕ. Милици те чараймасть. Ăçтан чарса çитерĕн, енчен те вĕсен çак хулигансене пӳрнепе те тĕкĕнме юрамасан. Çирĕп алă кирлĕ. Кун пек çемçе закон йĕркене пăсакансемшĕн çеç усăллă пулĕ.

Пурнăçри çак çитменлĕхсемпе килĕшсе тăма пултараймастпăр. Хаçата вулакансем мĕн каланă пулĕччĕç-ши вĕсем пирки? Çырмасăр тăма чăтăм çитмерĕ».

● *Хаçатра çырман пулин те...*

## Çĕнĕ çурта кусна

«Эпир виçĕ ачапа кивĕ çуртра пурăнатпăр. Асли икĕ çула çитеймен, кĕçĕннисем — йĕкĕреш, 4 уйăхра. Колхозра çĕнĕ пӳртсем лартрĕç. Эпир те ыйтрăмăр. Анчах, шăллăма панă пирки, икĕ тăвана пĕрле юрамасть тесе, пирĕн ыйтăва тивĕçтермерĕç», — тесе çырнăччĕ редакцие Вăрнар районĕнчи «Самолет» колхозран П. Сергеев.

Çырăва Вăрнарти «Нива» агропромышленность комбинатне ярса патăмăр. Унăн генеральнăй директорĕ А. Кузьмин пĕлтернĕ тăрăх, «Самолет» колхоз правленийĕн 1989 çулхи ноябрĕн 27-мĕшĕнчи решенийĕпе килĕшӳллĕн П. Сергеева Вăрманкас ялĕнче 72 тăваткал метр лаптăклă çĕнĕ çурт уйăрса панă.

## Савăнăçăмпа тарăхăвăм

Хаçат-журнал вулама юрататăп. Тăван чĕлхепе тухакан «Коммунизм ялавне» кĕтсе кăна пурăнатăп. Хаçатсем килмен кун пушшăн, кичеммĕн иртет. Çĕнĕ номере алла тытсан, вуласа тухмасăр чун чăтмасть. Интереслĕ статьясемпе ĕçри юлташсене паллаштаратăп. Вĕсемпе пĕрле сӳтсе яватпăр.

Чылайăшĕ эпĕ хистенипех кăçал «Коммунизм ялавне» илсе тăма пуçларĕ.

Эпĕ республикăн 2-мĕш больницинче лифтерта ĕçлетĕп. Çавăнтах хаçат-журнал сутатăп.

Мĕн канăç памасть-ха? Чи малтанах — хваттере пырса тăракан подписка изданийĕсене почта ещĕкĕнчен кăларса илни. Январьте икĕ шăматкун çак сăлтава пула «Коммунизм ялавĕсĕр» юлтăм. Камăн алли çĕкленетши çапла ирсĕрле хăтланма?

А. ФЕДОРОВА.
Шупашкар хули.

Утçи иртнĕ тахçанах («Хĕл кĕввисем» ярăмран).

И. Бородкин ӳкерчĕкĕ.

## Тимлĕ Тимуш

Вată кинемей ирех
Бригадир патне васкать.
«Вăрмантан вутă кӳме
Трактор кирлĕ», — тархаслать.
«Вăт çынна пулăшмаллах,
Халь çапла хушать саккун.
Чăтайсам çапах кăштах, —
Трактор çук-ха паян кун», —
Тимуш çепĕç евитлет.
Пит-куç пĕртте хĕрелмест.
Ним сăмахсăрах, тӳрех
Çавăнтах пĕр «Беларусь»
Пачĕ тусĕ-тӳрене —
Атăл шывĕ, алăк уç!
Мĕн пулчĕ-ха, тамаша!
Пулă кирлĕ Тимуша.

Яков РОГАЧЕВ.
Ульяновск облаçĕ,
Димитровград хули.

— Тăван сăмах, тăван культура —

**ПĔЛТЕР ÇУЛТАЛĂК ВĔÇНЕЛЛЕ «ЧĔЛХЕ ТАТА ОБЩЕСТВО» НАУКА СОВЕЧĔПЕ СССР НАУКĂСЕН АКАДЕМИЙĔН ЧĔЛХЕ ПĔЛĔВĔН ИНСТИТУЧĔ «СОВЕТ ОБЩЕСТВИНЧИ НАЦИ ЧĔЛХИСЕМ ТАТА ИКЧĔЛХЕЛĔХ ПРОБЛЕМИСЕМ» ТЕМĂПА ПĔТĔМ СОЮЗРИ НАУКА КОНФЕРЕНЦИНЕ ИРТТЕРНĔ. УНТА ПУР СОЮЗЛА (АЗЕРБАЙДЖАНСĂР ПУÇНЕ) ТАТА АВТОНОМИЛЛĔ РЕСПУБЛИКĂСЕНЧИ ЛИНГВИСТ-УЧЕНĂЙСЕМ, ЧĂВАШ, УДМУРТ, МОРДВА, КОМИ АВТОНОМИЛЛĔ РЕСПУБЛИКĂСЕН ПРЕДСТАВИТЕЛĔСЕМ ВАРА ÇАКĂН ЙЫШШИ КОНФЕРЕНЦИЕ ПУÇЛАСА ХУТШĂННĂ.**

И. А. АНДРЕЕВĂН «Чăвашъенчи чĕлхе тĕлĕшĕнчи лару-тăру» докладĕ пирки кăштах каласа хăварас килет. Докладчик унта чăваш диаспорĕ, вăл мĕншĕн пуçланса кайнин сăлтавĕсене, республикăра халăха вĕрентес, издательство ĕçĕнче тухса тăнă лару-тăрăва, чăваш культури пирки пуçланнă нигилизма сăнласа пачĕ.

Тăван чĕлхене вĕрентес енĕпе çакнашкал йывăр лару-тăру Чăваш республикинче кăна мар. Автономиллĕ республикăсенчи наци чĕлхисен ыйтăвĕсемпе ĕçленĕ ятарлă секцире тухса калаçакансем çакна палăртрĕç: союзлă республикăсем хыççăн автономиллĕ республикăсенче те наци чĕлхисене государство чĕлхи статусне пани вак халăхсен чĕлхисене аталантарма тата сыхласа хăварма май парĕ, çавăнпа государство чĕлхи çинчен калакан закон йышăннине чĕлхене сыхлама тивĕçлĕ акт тесе шутламалла.

Хальхи вăхăтра, Туркменисĕр (унта проект хатĕрлеççĕ) тата Белоруссисĕр пуçне, ытти союзлă республикăсенче государство чĕлхин статусĕ çинчен закон йышăннă. Çакнашкал закона октябрĕн 21-мĕшĕнче Узбек ССРĕнче те йышăннă. Пирĕн шутпа, законолательство актне йышăнни тĕрлĕ нацисемпе халăхсен конституциллĕ прависене демократизациленĕ çĕрте питех те кирлĕ, анчах питĕ ответлă утăм пулса тăрать. Кирек хăш закон пекех, вăл халăх пурнăçне нацисем хушшинчи хутшăнусенче палăртса тăрать. Ыйтăва пур енлĕн, çав тери тĕплĕн виçсе пăхни, тарăннăн шухăшлани кирлĕ. Çиччĕ виç

# ÇИЧЧĔ ВИÇСЕ КĂНА МАР...

те пĕрре кас, тет халăх ăслăлăхĕ.

Проекта тĕплĕн хатĕрленсе, ответлăха питех те туйса тумалла. Закон вăйĕпе усă куракан актсене йышăннă чухне вырăнти условисене шута илмесĕр тăма çук. Союзлă республикăсемпе пĕр шая çĕкленес килет пулин те, вĕсем чĕлхе çинчен йышăннă законсене хамăра валли пĕр улăштармасăр çырса илме юрамасть. Тĕрлĕ республикăсенче, облаçсенче, округсенче кашнинчех социаллă пурнăç, экономика, демографи, истори условийĕсем тĕрлĕрен пулсан, пурте пĕр шайра пулма пултарĕç-и?

Çапла, союзлă республикăсенче республикăна ят панă тĕп халăх çыннисем пĕтĕм пурăнакансенчен чи пысăк пайĕ е çурри шутланаççĕ. Тутар, Пушкăрт йышши республикăсенче вара еплерех пулмалла? Унта республикăна ят панă тĕп халăх çыннисем пурăнакансен пĕрре тăваттăмĕш пайĕ чухлĕ çеç. Мордва йышши икĕ уйрăм литература чĕлхиллĕ автономиллĕ республикăсенче лару-таруран епле тухмалла?

НАЦИ ЧĔЛХИСЕМПЕ чĕлхе пирки тухса тăракан нацисем хушшинчи хутшăнусен лару-тăрăвĕ паян питех те кăткăс. Узбекистанра узбек чĕлхине государство чĕлхин статусне памалли проекта сӳтсе явнинех илер акă. Çуркунне пичетлесе кăларнă пĕрремĕш проект, вырăс чĕлхиллĕ халăх прависене хĕсменскер, вырăс чĕлхипе усă курмалли майсене çул уçса панă. Анчах та пичетре тата телевидени передачисенче, сасартăк тăвăл тухнă пек, çав тери хирĕçлени нумай пулчĕ. Узбек ССР Верховнăй Совечĕн Президиумне узбек чĕлхин функцийĕсене çеç анлăлатма тата çирĕплетме сĕнекен коллективлă тата уйрăм çынсен çырăвĕсем 5 пин ытла пынă. Кишлаксенчи вăтам шкулсенче вĕренекенсем вырăсла ытларах чухне пĕлмеççĕ пулин те, халăха вĕрентес ĕç комитечĕ çав проект тухнă хыççăн узбек шкулĕсенче вырăс чĕлхин урокĕсен шутне чакарнă. Çыранса илекенсем сахал тесе, вырăсла тухакан область хаçачĕсене хупасси çинчен калаçма пуçларĕç. Каярахпа, октябрĕн 11-мĕшĕнче пичетленсе тухнă иккĕмĕш проект, узбек чĕлхиллĕ халăх кăмăлне туллин тивĕçтернĕ. Вăл çак сăмахсенчен пуçланать: «Узбекистан узбексен историллĕ çĕршывĕ шутланать. Республикăна çак наци ячĕпе ят панă». Анчах та çак территори çинче вырăнтан вырăна куçакан тĕрĕксем — узбексен йăхĕсем киличчен скифсем те, таджиксемпе иран чĕлхиллĕ ытти халăхсем пурăннă, апла пулсан, вĕсен те кунта —тăван çĕршывĕ.

Законра хăйĕнче, Узбек ССРĕн Верховнăй Совечĕн сессийĕнче йышăннă хыççăн, çак абзаца кăларса пăрахнă. Сесси уçăлнă кун узбексен пысăк ушкăнĕ Ташкент хулин центрне пухăннă, проектран вырăс чĕлхин статусне кăларма ыйтса икĕ кун та çĕр площадьре тăнă. Çакна курса, вырăс чĕлхиллĕ рабочисем предприятисенче станоксене чарнă, ĕçе пăрахса забастовка пуçланă. Çапла вара закон йышăниччен вунă кун маларах кăна пичетленĕ проекта, вырăс чĕлхин функцийĕсем пирки улшăнусем кĕртнĕ хыççăн, тĕпе хурса çирĕплетме тивнĕ. Анчах та закон çав-çавах тĕплĕн шухăшласа çитернĕ закон пулаймарĕ: унта хăшпĕр хирĕ-хирĕçӳлĕхсем, тĕрлĕрен ăнланмалла мар вырăнсем пур.

Законра делопроизводствăна, наука ĕçĕсене узбек чĕлхипе тума хистекен статьясем пур. Çакă узбек çыру чĕлхипе усă курма пултарайман вырăс чĕлхиллĕ халăха хытă пăшăрхантарать. Çавăнпа нумайăшĕ урăх çĕршывсене, ытти республикăсене тухса кайма пуçтарăнать. Тухса каякансенчен ытларахăшĕ — пысăк квалификациллĕ специалистсем.

ХАЛЬХИ ВĂХĂТРА Пушкăртра та пушкăрт чĕлхин проекчĕпе ĕçлеççĕ. Пушкăрт чĕлхине кунта «государство» чĕлхи тесе мар, «официаллă» чĕлхе тесе палăртаççĕ. Ахăртнех, çак закона йышăнасси кунта та çăмăл пулас çук, мĕншĕн тесен халăхăн пĕчĕк пайĕ пысăкрах пайне хăй чĕлхине государство, официаллă чĕлхе тесе йышăнма хистет. (Пушкăртра пушкăртсем 24 процент пурăнаççĕ). Пĕлтĕр çуркунне, пушкăрт чĕлхин статусне палăртиччĕнех, пушкăрт чĕлхине наци шкулĕсенче — чăваш, мордва, çармăс, тутар шкулĕсенче вĕрентме пуçланă. Çак утăма интеллигенци питĕ хирĕçлесе кĕтсе илнĕ. Вĕсем ачасене тăван чĕлхепе вĕрентесшĕн.

Çакна çирĕп шанса тăрас килет: Чăваш АССРĕнче те чĕлхе статусĕ çинчен закон йышăнаççех пулĕ. Ку ыйту кун йĕркинче тăрать ĕнтĕ. Анчах та çак ĕçе ытти йăнăшĕсене шута илсе тумалла. Ку вăл йăнăшсем туса вĕренсе пымалли шкул ан пултăр. Проекта тата ăна тĕпе хурса закон туса хатĕрлеме республикăра компетентлă, пысăк квалификациллĕ ученăйсем пур. Енчен те чăрмавсем сиксе тухас пулсан, вĕсем чи малтан инертлăхпа е халăх хăй чĕлхишĕн, хăйĕн пуласлăхĕшĕн пăшăрханманнипе çеç çыхăнма пултараççĕ.

Л. ДАНИЛОВА.
Узбек ССР Наукăсен академийĕн Чĕлхепе литература институчĕн аслă наука сотрудникĕ, филологи наукисен кандидачĕ.
Ташкент хули.

# ӲРКЕНМЕН — ĂСТА ПУЛНĂ

Асфальт сарнă çулпа, сăпкари пек ярăнса, Нăрваш Шăхаль ялĕн варрине çитсе чарăнсан, ваттисен сăмахĕсен чăнлăхне тӳрех туйса илетĕн. Автобусран тухатăн та, йĕри-тавра лозунгсемпе плакатсем çакăнса тăнине асăрхатăн. Тĕрлĕ тĕслĕ сăрăсемпе илемлетнĕ ӳкерчĕксене курсан, крĕксĕрех: «Кам çав териех тăрăшнă-ши? — тесе шухăшлатăн.

Çаксем пурте — Михаил Пигаваев ĕçĕсем. Вăл — колхозри художник.

Нăрваш Шăхальĕнчи Культура керменĕн пĕр пӳлĕмĕ—унăн ĕç вырăнĕ. Кунта вăл ӳкерчĕк туман пĕр лаптăк та хăварман, паллă художниксен ĕçĕсен евĕрлĕ пейзажсемпе, портретсемпе, натюрмортсемпе илемлетнĕ.

Колхоз ĕçне-хĕлне кăтартакан стендсем хатĕрлесе, хуçалăх ĕçпе юрă уявĕсенче çулсерен малти вырăнсене йышăнать. Йĕтемсем çинчи агитплощадкăсемпе фермăри хĕрлĕ кĕтесе те унăн ĕçĕсемех илемлетеççĕ. Çĕнĕ çул елки тата мĕнлерех иртрĕ? Унта темиçе тĕслĕ лампочкăсем музыка кĕввипе килĕшӳллĕн ташларĕç, тĕкĕр ванчăкĕсенчен ăсталанă шар, çаврăнса тăнă май, «çутă юр» сутарса савăнтарчĕ. Юмахсенчи сăнарсем хăйсен килĕшӳллĕ тумĕсемпе куçа илĕртрĕç. Çаксем каллех — М. Пигаваев ĕçĕсем.

Вырăс хĕлне ăсатнă кунсенче те ун валли ĕç тупăнсах тăрать. Ял варринчи çавра кӳлĕ çамрăксемшĕн выляса, ярăнса савăнмалли вырăн. Унта юртан-пăртан сăрласа ăсталанă Хĕл Мучипе Юрпике, юмахри паттăрсен кĕлеткисем илĕртеççĕ ачасене.

Хăй пурăнакан çурт вăра йăлтах тĕрлĕ ӳкерчĕксемпе эрешленĕ. Картишне кĕрсен, художество галерейинчи пек туйăнать. Йĕри-тавра ӳкерчĕксем, пĕри тепринчен илемлĕрех.

— Унăн алли çеç мар, кăмăлĕ те ылтăн, — ырлать Культура çуртĕн директорĕ Л. Эриванова. — Сăпайлă, калаçнине итлет, хушнă ĕçе ялан вăхăтра, тăрăшса тăвать. Залри стенасене, урайне сăрласа илемлетрĕ, фойери панорамăллă ӳкерчĕке çĕнетрĕ.

— Ял ĕçченĕсем çамрăк коммунистăн ĕçĕпе кăмăллă, — хушса хучĕ партком секретарĕ Н. Груздев.

Чăннипех çапла. Ĕç çынна илем кӳрет, вăй хушать.

В. ЯКОВЛЕВ,
ĕçпе вăрçă ветеранĕ.
Патăрьел районĕ,
Нăрваш Шăхаль ялĕ.

● *Лайăх çынсем çинчен*

# «ВĂРМАНТАН ИЛЕМЛИ ÇУК...»

ХĔРЛЕ ЧУТАЙ тăрăхĕнче Майски лесничествăн лесничине Г. А. Стеклова пĕлмен çын çук та пулĕ. Вăл ертсе пыракан коллектив пилĕк районти ĕçсыннисене вутă-шанкăпа, тĕрлĕ материалсемпе тивĕçтерет.

Лесничество юлашки çулсенче, Çĕмĕрле районĕнчи Камаша лесничествине пĕтернĕ май, чылай пысăкланнă. Геннадий Афанасьевич калана тăрăх, кунта ĕçлекенсем 6,5 пин гектар вăрмана пăхса тăраççĕ. Çав вăхăтрах коллективри çынсен йышĕ ÿсменпе пĕрех. Вăтăр виççĕн кунта. Ĕç калăпăшĕ вара çулсерен ÿссе пырать.

Кунта хуçалăхра тата килçуртра кирлĕ таварсем сахал мар хатĕрлеççĕ. Акă, пĕлтĕр 150 ытла çуна, 25 пин киçтĕк, 30 пин шăпăр, 15 мунча пури, 80 çăл пури, садпа дача сурчĕсем тунă, йывăç хуппи 33 тонна хатĕрленĕ. Шупашкарти электроаппаратура завочĕ те ещĕк тумалли хăма чылай туяннă. Пĕтĕмлетсе каласан, лесничество çуллен 150—180 пин тенкĕлĕх вăрман продукцийĕ парса тăрать. Кунсăр пуçне кашни çулах эмел курăкĕ, пилеш, панулми, мăйăр, кăмпа сахал мар пухса параççĕ.

Паллах, халĕ талккăшпе касмалли вăрман çукпа пĕрех. Çапах та кунта çулсерен 8 пин ытла кубометр йывăç касса хатĕрлеççĕ. Мĕнле майпа-ха? Хăрнă йывăççене тасатаççĕ, ситĕнекен вăрмана сайралатаççĕ. Кунпа пĕрлех çамрăк йывăççем лартса ситĕнтересси те — лесничествăн чыслă тивĕçĕ.

— Ку ĕçре пире Элĕк районĕнчи «Таутово», Ульянов ячĕпе хисепленекен, «Молния» колхозсем, Хĕрлĕ Чутай районĕнчи «Маяк» тата «Марксист» колхозсем, шкул ачисем сахал мар пулăшу параççĕ, — тет Г. А. Стеклов. — Вĕсем тăрăшнипе юманпа хыр вăрлăхĕ чылай хатĕрлетпĕр.

Йывăç лартас тата пăхса ÿстерес ĕçе механизациленĕ. Апла пулин те, çамрăк хунавсене алă вĕççĕн те лартаççĕ. Çакă вăл шкул ачисене ĕçе хăнăхтарма, тăван çутçанталăка юратма пулăшать.

Кашни çулах 50 гектар ытла çĕнĕ вăрман чĕртеççĕ Майски лесничествăра. Колхозсемпе совхозсен çĕрĕ çинче, тырпул акма юрăхсăр сырма-çатрасенче хырпа тăрăш лартасси анлă саралнă. Хунавсене вырăнти питомникра ситĕнтереççĕ.

ВĂРМАН кайăк-кĕшĕк сассипе илемлĕ. Вĕсем йывăçа чир-чĕртен сиплекен тухтăрсем пекех. Çуркунне ситесрпе, кайăксем киличчен, кашни лесник вуншар шăнкăрч вĕлли сакать. Ку ĕçре те, паллах, шкул ачисем нумай пулăшаççĕ.

— Çĕр çинче вăрмантан илемли çук та пулĕ. — паянч, хăйĕн хуçалăхне кăтартса çÿренĕ май. — Вăрман — çыншăн çурт вырăннех, вăл пире ăшăтать, тăрантарать, тумлантарать. Сывлăша тасатать. Вăрман çултаlăкăн кирек хăш вăхăтĕнче те илемлĕ.

Уçланкăри утă капанĕсем патне çитсен, лесничи çаппа ăнлантарчĕ,—утта вăрман хуçалăхĕнче ĕне выльăха тăрантарса усрама хатĕрленĕ. 50 вăкăр самăртнă. Рабочисен столовăйĕнче те ашкакай çителĕклĕ.

Кун каçипех вăрманта лесничи. Пурне те хăй куçĕпе курма тăрăшать вăл. Лесниксене халăхпа кăмăллă пулма, вăрмана шанчăклă сыхлама хăнăхтарать.

Инçех те мар улатакка шаккани илтĕнчĕ. Лесничи шухăша кайрĕ. Эпĕ унăн кунçулне каштах ыйтса пĕлме тăрăшрăм.

Вăрман сывăхĕнчи ялта çуралнă вăл. Çамрăклах сухăр юхтаракан ĕçне пикеннĕ. Сĕнтĕрвăрри вăрман техникумне пĕтерне те, 25 çул ĕнтĕ юратнă ĕçрен уйрăлмасть. Çак тапхăрта унăн ĕçне тивĕçлипе хисеп тунă.

Лесничествăра ĕçре малта пыракансем сахал мар. Акă, Н. Малыгин — вунă çул ытла, Ф. Ухлейкин çирĕм çул ытла лесникре тÿрĕ кăмăлпа ĕçлеççĕ. В. Петрейкин мастер та вунвиçĕ çул кунта. Сăмах май каласан, лесничествăра çемье династийĕсем те чăмăртаннă. Сăмахран, Налеевсене илĕпĕр. Людмила — бухгалтер, унăн упăшки Анатолий — тракторист. Йывăç касакансенчен Н. Осиповпа П. Антонова палăртмалла. Совет Çарĕнчен таврăнсан, О. Филипповпа В. Бородашкин комсомолецсем лесничествăра ĕçлеме пуçланă. Вĕсен ашшĕсем те нумай çул хушши кунта ĕçленĕ.

КОЛЛЕКТИВРА рационализаторсем те пур. Ку енĕпе З. Хромов трактористa уйрăмах ырлаççĕ. Техникăна вăл яланах типтерлĕ тытать, кашни кăлтăках вăхăтра юсать, çамрăксене вĕрентме те ÿркенмест. Хăех трактор прицепĕ ăсталанă. Халĕ унпа вăрман турттараççĕ, ытти ĕçсенче уса кураççĕ.

— Юлашки вăхăтра халăха вутă-шанкăпа тивĕçтересси йывăрланчĕ, — тет лесничи. — Касмалли вăрман сахалланса пырать. Ял çыннисене вара вутă нумай кирлĕ. Çавăнпа ку ĕçре ял Совечĕсен пуçарулăрах пулмалла, кăмăа вутă кирлине тĕплĕн шута илмелле.

Йышăну кунĕнче лесничествăра çĕршер çын пулать. Паллах, кашнине тимлĕн итлемелле, май килнĕ таран пулăшмалла.

Çитменлĕхсемпе чăрмавсем сахал мар. Лесниксен çурчĕсем кивелнĕ. Вĕсене тĕпрен юсамалла е çĕнĕрен тумалла. Ку енĕпе тивĕçлĕ пулăшу...

# МУСКАВРИ ТĔЛПУЛУ

МУСКАВ. Израильри «Габима» наци театрĕн Мускаври гастролĕсем И. Бабель пьеси тăрăх лартнă «Закат» спектаклĕпе пуçланнă.

«Габима» — иврит чĕлхипе спектакльсем лартакан пĕрремĕш театр, ăна Мускавра 1917 çулта йĕркеленĕ. Ăна ертсе пыракансем хушшинче Станиславский тата Вахтангов пулнă. Театр Израиле куçса кайсан та çак паллă ăстасен идейисем театрта упранса юлнă. Çавăнпа ĕнтĕ коллектив хăйĕн Мускаври программине «Закат» спектакле те кĕртнĕ. Ăна виçĕ çул каялла Юрий Любимов лартнă. Репертуарта çавăн пекех Я. Шабтай пьеси тăрăх хатĕрленĕ «Полосатый тигр» спектакль те пур.

Израилĕн наци театрĕн гастролĕсем Таганкăри театр сцени çинче иртеççĕ. Çитес вăхăтра ку коллектив ответлă визитпа Израиле кайма шутлать.

Ÿкерчĕк çинче: СССР культура министрĕ, Таганкăри театр актерĕ Николай Губенко «Габима» театр актерĕсемпе пĕрле.

В. Созинов фотоÿкерчĕкĕ.

(ТАСС фотохроники).

✦ ÇĔНĔ КĔНЕКЕ

# Пĕлĕве ÿстерме

Статистика органĕсене уйăхсеренех пĕлтерсе тăракан кăтартусем тăрăх хаклатпăр эпир хăш предприяти, организацие хуçалăх, районпа хула мĕнле ĕçленине. Çав материалпа руководительсемпе специалистсем, идеологи активĕ кулленхи ĕçре уса кураççĕ. Çапла вара статистикăна пĕлни пурне те кирлĕ. Нумай пулмасть Мускаври финанспа статистика издательстви «Статистический словарь» кĕнеке пичетлесе кăларчĕ. Вăл статистика наукин тата практикин ыйтăвĕсемпе çырнă уйрăм статьясенчен тăрать. Статистикăри пин ытла термина ăнлантарса панă.

Ку словарь идеологи работникĕсене калаçура та, лекцисемпе докладсем иртерне чухне те пысăк пулăшу панине хăшпĕр статьясемпе терминсен ятĕнченех куратăн. Сăмахран, çемьене илĕпĕр. Словарьте çемьепе çыхăннă нумай самантсем тăрăх статьясем пур. Мăшăрланăва государствăн мĕнле нормисем тăрăх йĕркелесе пыраççĕ, мĕн вăл çемье бюджечĕ, рационалла çемье бюджечĕ тата потребительле çемье бюджечĕ тени мĕне пĕлтерет? Планпа çемье бюджечĕ тесе мĕне калаççĕ? Кашни терминах словарьте тĕплĕ тишкернĕ.

Юлашки вăхăтра пурнăçра çивĕч тухса тăнă ыйтусене уçса паракан статьясем те чылай.

И. МОИСЕЕВ.

*Спорт* ~~~ *Спорт*

# Вăйлисем вăйлах çав...

ШУПАШКАРА хирĕç Атăл леш енчи вăрманта хывнă йĕлтĕр йĕрĕ çинче икĕ кун хушши Чăваш АССРĕн чемпионачĕ пычĕ. Ăмăртăва хуласемпе районсенчен пухăннă чи вăйлă спортсменсем — ситĕннисем те, çамрăккисем те — хутшăнчĕç.

Пирвайхи кун йĕлтĕрçĕсем нрĕклĕ майпа чупса (конькипе ярăннă чухнехи пек) тĕрлĕ дистанцисенче вăй виçрĕç. Чи вăрăмми 30 километр пулчĕ. Ăна пуринчен те хăвăрт «Шупашкарти промышленность тракторĕсен завочĕ» пĕрлешÿри СССР спорт мастерĕ В. Алексеев вĕçлерĕ — 1 сехет те 33 минут та 13 çеккунт. Чемпионăн командăри юлташĕ Н. Осипов иккĕмĕш результат кăтартрĕ, Çĕнĕ Шупашкарти спорт мастерĕ В. Антонов виççĕмĕш призер ятне çĕнсе илчĕ. Асăннă дистанцирех юниорсен ушкăнĕнче В. Коньков (Çĕнĕ Шупашкар) мала тухрĕ.

Хĕрарăмсем старта йышăнсан, пурте чи малтанах педагогика институчĕн студентки С. Михеева çĕнтересси кĕтрĕç. Ансăртран мар: Çĕнĕ Шупашкарти Олимп резервĕсене хатĕрлекен спорт шкулĕнче ăсталăх пухакан çак йĕлтĕрçĕ юлашки çулсенче çĕршыври ăмăртусенче тата çамрăксен тĕнчери чемпионатĕнче лайăх кăтартусемпе палăрнăччĕ. Чăнтa, Светлана 10 километра пуринчен те хăвăрт вĕçлерĕ — 31 минут та 24 çеккунт. Муркаш районĕнчи спорт шкулĕн тренерĕсем пулăшнипе мастер шайне çитме пултарнă Л. Миронова (халĕ вăл та Чăваш педагогика институтĕнче вĕренет) иккĕмĕш вырăн йышăнчĕ. Юниоркăсенчен 10 километра чупса ăмăртса С. Дубова («Трактор» спортклуб) çĕнтерчĕ.

Чемпионат уçăлнă кун наградăсене тивĕç пулнă йĕлтĕрçĕсем тепĕр кунхине те, классикăллă мелпе чупса ăмăртнă чухне, хастар кĕрешрĕç. Сăмахран, Михеевăпа Миронова 5 километрта пĕрпекрех результатах кăтартрĕç, анчах та Миронован вăхăчĕ 1 çеккунт лайăхрах пулчĕ. В. Алексеев вара иккĕмĕш хут çĕнтерÿçĕ ятне çĕнсе илчĕ. Пĕлтĕрхи чемпионатра 15 километра чупассипе В. Антонов мала тухнăччĕ, хальхинче вăл — иккĕмĕш вырăнта.

Чемпион çинчен кĕскен те пулин каласа хăварас килет. Василий Алексеев йĕлтĕр спорчĕпе Тăвай районĕнчи Енĕш Нăрвашри вăтам шкулта вĕреннĕ чухнех çывăх туслашнă. Çапах та тренировкăсене вăл ялхуçалăх институтне вĕренме кĕрсен çеç çирĕп йĕркепе иртерме пуçланă, СССР спорт мастерĕн нормативне пурнăçланă, республикăн пĕрлештернĕ командинче сахал мар ăмăртнă. Халĕ вăл 27 çулта, «Трактор» спорт клубĕн чысне хÿтĕлет.

Паллах, С. Михеева, Л. Миронова, В. Алексеев пек ăста йĕлтĕрçĕсем хăйсем тĕллĕн ÿссе çитĕнмеççĕ. Чăтăмлă та тÿсĕмлĕ пулас, йĕлтĕр техникине вĕренес тесен, ачаранах хытă тăрăшни кирлĕ. Ку енĕпе Шупашкарти «Трактор» спорт клубĕн, Çĕнĕ Шупашкарти ачасемпе çамрăксен спорт шкулĕсенче япăх мар ĕçлеççĕ. Çамрăксем хушшинче хисеп пьедесталĕ çине тăма тивĕçлĕ пулнă Л. Пименова, А. Алексеев, А. Макаров, А. Петров, С. Дубова, В. Коньков шăпах çав шкулсенчен. Канаш районĕнчи Каракăрри вăтам шкулта вĕренекенсемпе тренировкăсем иртерекен В. Никоноров та япăх мар йĕлтĕрçĕсем хатĕрлет иккен: О. Безуглова, Ю. Тимофеев, Л. Васильева, акă, чемпионат парнисене çĕнсе илчĕç.

Командăсен кĕрешĕвĕ Çĕнĕ Шупашкарпа Муркаш районĕн йĕлтĕрçисене ăнăçлăх кÿчĕ. Иккĕмĕшпе виççĕмĕш вырăнсене — «Трактор» спорт клубĕн, Шупашкарти Мускав районĕн, Канашпа Пăрçăс районĕсен командисем.

Ю. ПЛОТНИКОВ, ăмăртусен судйи.

● ХОККЕЙ

# Пĕрремĕш

# Юр çинчи футбол

Юр çинче футболла выляса Шупашкар хулинче мала ту...

—ДЮСШ — 2:0, «Волоканал» —«Буяново» — 2:0, «Химик»

Апла пулин те, çамрăк хунавсене ала вĕççĕн те лартассĕ. Çакă вăл шкул ачисене ĕçе хăнăхтарма, тăван çутçанталăка юратма пулăшать.

Кашни çулах 50 гектар ытла çĕнĕ вăрман чĕртеççĕ Майски лесничествăра. Колхозсемпе совхозсен çĕрĕ çинче, тырпул акма юрăхсăр çырма-çатрасенче хырпа чăрăш лартасси анлă сарăлнă. Хунавсене вырăнти питомникра ситĕнтереççĕ.

ВĂРМАН кайăк-кĕшĕк сассипе илемлĕ. Вĕсем йыва çинче чир-чĕртен сиплекен тухтăрсем пекех. Çуркунне ситесле, кайăксем киличчен, кашни лесник вуншар шăнкăрч вĕлли çакать. Ку ĕçре те, паллах, шкул ачисем нумай пулăшаççĕ.

— Çĕр çинче вăрмантан илемли сук та пулĕ, — палăртать Геннадий Афанасьева юсать, çамрăксене вĕрентме те ӳркенмест. Хăех трактор прицепĕ ăсталанă. Халĕ унпа вăрман турттараççĕ, ытти ĕçсенче уса кураççĕ.

— Юлашки вăхăтра халăха вута-шанкăпа тивĕçтересси йывăрланчĕ, — тет лесничи. — Касмалли вăрман сахалланса пырать. Ял çыннисене вара вута нумай кирлĕ. Çавăнпа ку ĕçре ял Совечĕсен пуçаруллăрах пулмалла, кама вута кирлине тĕплен шута илмелле.

Пышăну кунĕнче лесничествăра çĕршер çын пулать. Паллах, кашнине тимлĕн итлемелле, май килнĕ таран пулăшмалла.

Çитменлĕхсемпе чăрмавсем сахал мар. Лесниксен çурчĕсем кивелнĕ. Вĕсене тĕпрен юсамалла е çĕнĕрен тумалла. Ку енĕпе тивĕçлĕ пулăшу кирлĕ.

Г. ПЕТРОВ.

терне чухне те пысăк пулăшу панине хăшпĕр статьясемпе терминсен ятĕнчен куратăн. Сăмахран, çемьене илĕпĕр. Словарьте çемьепе çыхăннă нумай самантсем тăрăх статьясем пур. Мăшăрланăва государствăн мĕнле нормисем тăрăх йĕркелесе пыраççĕ, мĕн вăл çемье бюджечĕ, рационалла çемье бюджечĕ тата потребительле çемье бюджечĕ тени мĕне пĕлтерет? Планпа çемье бюджечĕ тесе мĕне калаççĕ? Кашни терминах словарьте тĕплĕ тишкернĕ.

Юлашки вăхăтра пурнăçра çивĕч тухса тăнă ыйтусене уçса паракан статьясем те чылай.

И. МОИСЕЕВ.

...карти Олимп резервĕсене хатĕрлекен спорт шкулĕнче ăсталăх пухакан çак йĕлтĕрçĕ юлашки çулсенче çĕршыври ăмăртусенче тата çамрăксен тĕнчери чемпионатĕнче лайăх кăтартусемпе палăрнăччĕ. Чăн та, Светлана 10 километра пуринчен те хăвăрт вĕçлерĕ — 31 минут та 24 çеккунт. Муркаш районĕнчи спорт шкулĕн тренерĕсем пулăшнипе мастер шайне çитме пултарнă Л. Миронова (халĕ вăл та Чăваш

Чемпион çинчен кĕскен те пулин каласа хăварас килет. Василий Алексеев йĕлтĕр спорчĕпе Тăвай районĕнчи Енĕш Нăрвашри вăтам шкулта вĕреннĕ чухнех çывăх туслашнă. Çапах та тренировкăсене вăл ялхуçалăх институтне вĕренме кĕрсен çеç çирĕп йĕркепе ирттерме пуçланă. СССР спорт мастерĕн нормативне пурнăçланă, республикăн пĕрлештернĕ командинче сахал мар ăмăртнă. Халĕ вăл 27 çулта, ...та ялах мар йĕлтĕрçĕсем хатĕрлет иккен: О. Безуглова, Ю. Тимофеев, Л. Васильева, ака, чемпионат парнисене çĕнсе илчĕç.

Командăсен кĕрешĕвĕ Çĕнĕ Шупашкарпа Муркаш районĕн йĕлтĕрçисене ăнăçлăх кӳчĕ. Иккĕмĕшпе виççĕмĕш вырăнсене — «Трактор» спорт клубĕн, Шупашкарти Мускав районĕн, Канашпа Пĕрес районĕсен командисем.

Ю. ПЛОТНИКОВ,
ăмăртусен судйи.

...общежитипе тивĕçтересçĕ.

Училище пĕтерсен, «Химпром» производство пĕрлешĕвĕн объекчĕсенче ĕçлеççĕ.

Çак адреспа пымалла: **г. Новочебоксарск, ул. Советская, 3.**

Телефонсем: **77-87-30, 77-75-82, 77-01-58.**

## Шупашкарти прокат комбиначĕн пулăшусен бюровĕ

çак ĕçсене тума пулăшать: пианино ĕнерме; хуçлатмалли кравачьсене юсама; пӳрт тата балкон алăкĕсене тул тытма; сĕтел-пукана тул тытма; çĕçĕсене, хачăсене, пуртăсемпе кĕреçесене хăйрама, сĕтел-пукан пухма; хваттере çуса тасатма; чӳречесене, урайне, стенасене, тĕкĕрсене, люстрăсене, ваннăсене çума; машинкăпа пичетлесе пама; юлсĕршыв чĕлхисенчен куçарма; ачасене çуралнă кун ячĕпе Хĕрлĕ Калпак саламлама; парнесем туянса пырса пама; розеткăсем, выключательсем, люстрăсем, брасем, светильниксем, электропроводкăсем вырнаçтарса лартма; хулари витринăсем çинче хваттер улăштарасси, харпăр хăйĕн пурлăхне сутасси, хваттере ярасси е хваттер шырасси синчен граждансен пĕлтерĕвĕсене, культура мероприятийĕсем, киносемпе концертсем пуласси çинчен афишăсене çакса тухма.

Сире çак адреспа кĕтетпĕр: **Шупашкар хули, Карл Маркс урамĕ, 24-мĕш çурт, пулăшу бюровĕ, телефон 22-28-95.**

• *Аслă юлташ*

# Студентсен шанчăкĕ

ЯШЛĂХРИ вĕренӳ çулĕсене этем нихăçан та манса каймасть, теççĕ. Çавăн пекех — вĕрентекенсене те. Вăл е ку преподаватель пирки студентсем: «Вăл ун пек вĕрентет, унăн тыткаларăшĕ капла, çавă —студентран çирĕп ыйтать» тесе калаçни, сӳтсе явни никамшăн та вăрттăнлăх мар. Виталий Петрович Никитин-Станьял — Чăваш патшалăх университечĕн чăваш литератури кафедрин заведующийĕ, филологи наукисен кандидачĕ, учитель-методист, «Çилçунат» литература пĕрлешĕвĕн руководителĕ — манăн асăма тĕрлĕ енлĕ вĕрентекен ăсчах пек кĕрсе юлать. Çынна пĕлсе çитме унпа пĕр пăт тăвар çимелле, тенĕ ваттисем. «Çилçунат» литпĕрлешӳре эпĕ Станьялпа «тăвар çисе» пăхрăм темелле. Тĕрлĕ çĕрте пулма тӳр килчĕ пилĕк çул хушшинче. Пенза облаçĕнчи чăвашсем патне кайсан, Виталий Петрович çакăн пек вĕрентсе калани халĕ те асра: «Тархасшăн, астăвăр, хăвăр пулакан вырăнсенче нихăçан та, урăх килес çук тесе, начар ят ан хăварăр. Ку хăвăршăн çеç мар, сирĕн хыççăн çӳрекенсемшĕн шутсăр кирлĕ». Кирек ăçта та ырă йĕр хăварма, халăхпа калаçма, концертпа та пулсан савăнтарса хăварма хистетчĕ. Хавасспах пуçăнатчĕç çав ĕçе студентсем, мĕншĕн тесен кашни пĕлсе тăратчĕ: мĕн те пулин пулсах çитеймесен — Виталий Петрович пур, вăл пулăшу паратех.

ПУШКĂРТРИ Кайрăклă ялĕнче виçĕмçул пĕр хĕрарăмран акă мĕн илтме тӳр килчĕ: «Манăн хĕрача шкул хыççăн Шупашкара «Çилçуната» вĕренме каясшăнччĕ — «чăваш чĕлхи малашлăхĕ çук» тенипе сивĕнчĕ. Çулĕ те инçе». Пирĕн çулъертӳçĕ çав хĕрачапа — Светланăпа — чылайччен калаçрĕ, мĕнле пымаллине, мĕнле документсем кирлине ăнлантарчĕ. Халĕ Светлана Максимова университетра заочнăй уйрăмра вĕренет, Кайрăклăри шкулта ĕçлет, К. В. Иванов несĕлне тĕпчет.

Аякри чăваш ялĕсенче «Çилçунат» университет символĕ пулса тăни пире питĕ савăнтарать. Хастарлăрах пулма, литпĕрлешӳ ятне çӳлте тытма хистет çакă. «Çилçунатăн» ырă ятĕнче Виталий Петрович тӳпи —чи пысăкки, унта вăл чĕрĕк ĕмĕр вăй хурать. В. Станьялпа çулçӳреве тухсан яланах хаваслă, интереслĕ, шанчăклă. Вăл çулçӳрев те, вĕренӳ те усăллă иртĕр тесе тăрăшать. Пенза облаçĕнчи чăваш ялĕсем тăрăх çӳрени, Белинский, Радищев, Лермонтов ячĕсемпе çыхăннă вырăнсене çитсе курни, Пушкăртра Слакпусĕнчи çăлсен шывне астивни, Силпи улăхĕнче çĕр çырли пуçтарни, Кекен сăрчĕ çинче «Çилçунат» эмблемине чулран ӳкерни, Украинăна Çеçпĕл Мишши палăкне илсе кайни, пуйăсран тăрса юлни... йăлтах студентсен асне ĕмĕрлĕхе юлнă самантсем.

«Çулçунатçăсен» ячĕпе — **Петĕр СЕМЕНОВ, литпĕрлешӳ членĕ.**

• ХОККЕЙ

# Пĕрремĕш çаврăм хыççăн

Чăваш АССР чемпионачĕн пĕрремĕш çаврăмĕ вĕçленнĕ. Юлашки турта «Трактор» Сĕмĕрлере «Звезда» командăпа тĕл пулнă, ăна 5:2 тата 8:4 шутпа çĕнтернĕ. «Энергия» Çĕрпӳре вылянă, «Пламя» командăна 5:1 тата 12:1 шутпа парăнтарнă. «Волга» «Прогресса» 8:4 тата 8:5 шутпа çĕнтернĕ. «Рубин» Канашра «Локомотива» 4:6 шутпа выляса янă.

Чемпионатăн иккĕмĕш пайĕ умĕн командăсем турнир таблицинче çапла вырнаçса тухнă.

| | В. | Ç. | Н.ç. | В.я. | О |
|---|---|---|---|---|---|
| Трактор | 15 | 13 | 1 | 1 | 27 |
| Волга | 15 | 12 | 0 | 3 | 24 |
| Энергия | 14 | 12 | 0 | 2 | 24 |
| Прогресс | 15 | 7 | 0 | 8 | 14 |
| Сокол | 12 | 7 | 0 | 6 | 11 |
| Локомотив | 13 | 4 | 1 | 8 | 9 |
| Рубин | 11 | 4 | 0 | 7 | 8 |
| Пламя | 12 | 0 | 1 | 11 | 1 |
| Звезда | 11 | 0 | 0 | 11 | 0 |

Тĕрлĕ сăлтавсене пула пĕрремĕш çаврăмра 12 матч вылямасăр юлнă, вĕсене каярахпа ирттерме йышăннă.

А. ПАВЛОВ.

# Юр çинчи футбол

Юр çинче футболла выляса Шупашкар хулинче мала тухассишĕн ирттерекен турнирта черетлĕ турти вăййăсене, çавăн пекех уйччен вылямасăр юлнă матчсене ирттернĕ. Вĕсем çапла вĕçленнĕ: «Волга» —«Сталь» — 1:0, «Энергия»— «Волга» — 0:3, «Рубин» — «Трактор» — 1:3, «Коммунальник» — «Сталь» — 1:3, «Текстильщик» — «Коммунальник» — 1:1, «Звезда» — СКИФ — 3:0, «Волга» — «Трактор» — 4:1, «Рубин-2»— «Строитель» — 2:2, «Динамо» —ДЮСШ — 2:0, «Волоканал» —«Буяново» — 2:0, «Химик» —«Рубин-2» — 2:6.

Пĕрремĕш ушкăнти командăсенчен çак вăййăсем хыççăн «Волга» мала тухнă, унăн 6 очко, «Трактор», «Текстильщик» тата — «Сталь» — тăваттшар, «Звезда» виçĕ очко пухнă.

Иккĕмĕш ушкăнта «Волоканал» малта пырать, унăн та виçĕ вăйă хыççăн улттă очко.

П. КРЫСИН.

# Заводри уçă ăмăрту

Шупашкарти агрегат заводĕн Спорт çуртĕнче «Сталь» спорт клубĕн парнисене çĕнсе илессишĕн кире пуканĕ йăтакансен уçă ăмăртăвĕ пулнă. Старта çичĕ командăри 50 яхăн атлет тухнă.

Чăваш ялхуçалăх институчĕн командинче пĕр чемпион та çук, апла пулин те студентсем пуринчен те нумайрах очко пухса, «Сталь» тĕп парнине çĕнсе илнĕ. Иккĕмĕш вырăнта — турнир хуçисем. Агрегат заводĕн командин чысне А. Григорьев инженер-конструктор, Н. Иванов рабочи тата наладчиксен бригадирĕ, СССР спорт мастерĕ Ю. Карпов уйрăмах ăнăçлă хӳтĕленĕ. Çĕнтерӳçĕсен шутĕнче вĕсемсĕр пуçне Шупашкарти энергетика техникумĕнче вĕренекен С. Павлов, 12-мĕш профтехучилищĕри А. Трофимов тренер тата Кӳкеç поселокĕнчи И. Фадеев.

П. ПЕТРОВ.

Редактор А. П. КАЗАНОВ.



## ÇАНТАЛĂК

Синоптиксем пĕлтернĕ тăрăх, паян кăнтăрла пирĕн республикăра пĕлĕтлĕ çанталăк пулать, кăштах юр çăвать. Çил çурçĕр хĕвеланăçĕнчен çеккунтра 3—8 метр хăвăртлăхпа вĕрет. Сывлăш температури республикĕра 8—13, Шупашкарта 9—11 градус сивĕ пулать. Çулсем пăрлакланаççĕ.

Паян кун тăршшĕ 8 сехет те 2 минут. Хĕвел 16 сехет те 43 минутра анать.

## ТЕЛЕВИДЕНИ

ЫТЛАРИКУН, ЯНВАРĔН 23-МĔШĔ
ПĔРРЕМĔШ ПРОГРАММА

6.30 — 120 минут.
8.35 — Документлă фильмсем.
9.10 — Мультфильмсем.
9.30 — Халăх инструменчĕсен сассисем.
10.00 — Документлă фильм премьери. «Афганский сонник».
10.20 — «Это было... было...»
10.45 — «Весы». 1989 султа пичетленнĕ литература произведенийĕсене сӳтсе яваççĕ.
11.25 — Ача - пăча сехечĕ (французла вĕрентекен урокпа).
12.[illegible]5 — Коллаж (Реклама. Пĕлтерӳсем. Информаци).
12.30 — Вăхăт. Çĕнĕ хыпарсен телевидени службинчен.
15.30 — ССР Союзĕнчи халăхсен музыка фольклорĕн концерчĕ.
16.00 — «Как стать экстремистом». Документлă фильм премьери.
16.30 — Сывă-и, музыка!
17.05 — «Часовые тишины». Документлă фильм премьери.
17.[illegible]0 — Мультфильмсем.
18.00 — Влаçа — Советсене.
18.30 — Вăхăт. Çĕнĕ хыпарсен телевидени службинчен.
19.00 — Самрăксен хыпарçи.
19.45 — Поэзи минучĕсем.
19.50 — «Право на прошлое». Илемлĕ телефильм. 1-мĕш сери.
21.00 — Вăхăт. Çĕнĕ хыпарсен телевидени службинчен.
21.30 — «Пурăнмалли çурт-йĕр — 2000» акци. 2-мĕш передача.
21.40 — «Çĕнетӳ: проблемăсем тата вĕсене татса памалли сулйĕрсем». ССР Союзĕпе союзлă республикăсен законсем палăртса хатĕрлемелли никĕсĕн проектне сӳтсе яватпăр.
23.45 — Çĕнĕ хыпарсен телевидени службинчен.

ИККĔМĔШ ПРОГРАММА

8.00 — Ирхи гимнастика.
8.15 — «Хочу все знать». Киножурнал.
8.35 — 11.05 — Вĕренӳ передачисем.
11.05 — «Эта надоедливая оса». Наукăллă - популярлă фильм.
12.05 — Ритмикăлла гимнастика.
12.35 — Иккĕмĕш хут кăтартакан телефильм сеансĕ. «Хлеб — имя существительное». 8 серилле илемлĕ телефильм. 1-мĕш сери.
17.00 — Мультфильм премьери. «Пингвиненок Лоло». 2-мĕш фильм.
17.20 — Ольга Эрдели арфăпа калать (Шуп.).
17.30 — Республика кунĕ (Шуп.).
18.00 — Ритмикăлла гимнастика.
18.30 — Вăхăт. Çĕнĕ хыпарсен телевидени службинчен.
19.00 — Республика кунĕ (Шуп.).
19.10 — «Совет влаçĕ — халăх влаçĕ». Çавра сĕтел хушшинче — Чăваш АССР халăх депутатне суйлама тăратнă кандидатсем (Шуп.).
19.50 — Ырă каç пултăр, ачасем!
20.05 — Хоккей. ССР Союзĕн чемпионачĕ. «Крылья Советов» — «Химик».
21.20 — «Осторожно, дети». Документлă фильм.
21.30 — Тĕп телевидени фонлăмĕн. «Небесные ласточки». Илемлĕ телефильм.
22.35 — Киномеридиан. «Камерад Крюгер» (ГДР).

## ТЕАТР

К. В. ИВАНОВ ЯЧĔПЕ ХИСЕПЛЕНЕКЕН ЧĂВАШ ГОСУДАРСТВО АКАДЕМИ ДРАМА ТЕАТРĔ — январĕн 23-мĕшĕнче «Качча каласăм килет» комеди, январĕн 24-мĕшĕнче «Каçар мана» драма, январĕн 25-мĕшĕнче «Çын куççулĕ çĕре ӳкмест» пьеса.

ЧĂВАШ ГОСУДАРСТВО МУЗЫКА ТЕАТРĔ — январĕн 23-мĕшĕнче «Оперетта, оперетта» представлени, январĕн 24-мĕшĕнче «Тысяча и одна ночь» балет, январĕн 25-мĕшĕнче «Нарспи» опера.

РЕСПУБЛИКĂРИ ВЫРĂС ДРАМА ТЕАТРĔ — январĕн 23-мĕшĕнче «Жизнь и необычайные приключения солдата Ивана Чонкина» драма, январĕн 24-мĕшĕнче «Камерный» театр Лаврентия Берии» шарж премьери, январĕн 25-мĕшĕнче «Зойкина квартира» фарс.

Спектакльсем 19 сехетре пуçланаççĕ.

## КИНО

«СЕСПЕЛЬ» — Кăвак зал: «Однажды в Америке» — 9.00, 15.00, 19.00; «Смиренное кладбище» — 13.00.' Кĕрен зал: «Ночные воришки» — 9.00, 10.50, 12.40, 14.30, 16.30, 18.30, 21.00. Кинозал: «Заколдованный доллар» — 16.00, 18.00, 20.00.

«ОКТЯБРЬ» — «Прогулка в горы» — 9.00; «Однажды в Америке» — 10.15, 14.30, 18.40.

«ПОБЕДА» — Пысăк зал: «Деревенька моя центральная» — 9.00, 11.00, 13.00, 15.00, 17.00, 19.00, 21.00. Вăтам зал: «Кто сказал мяу» — 9.00, 10.30, 14.30; «Я в полном порядке» — 12.30, 16.30, 18.30, 20.30. Пĕчĕк зал: «Птицам крылья не в тягость» — 10.00, 14.00, 16.00, 18.00; «Публикация» — 12.00, 20.00; «Индийские йоги. Кто они?» х/д фильм — 9.00.

«МИР» — «Медведь и заяц» — 9.00; «Огонь, вода и медные трубы» — 10.30, 12.00, 14.00; «Зимнее утро» — 15.30; «Материнская любовь» — 18.30.

«СОКОЛ» — «Рекс-волшебник» — 10.00; «Полет навигатора» — 12.00, 16.00, 18.00, 19.45; «Молодым о здоровье» кинолектори — 14.00.

«ЛУЧ» — «Любимый Раджа» — 15.00, 17.30, 20.00.

«ЮНОСТЬ» — «Брак с выходными днями» — 14.00, 16.00, 20.00; «Интердевочка» — 17.30.

ЧЭАЗ КУЛЬТУРА КЕРМЕНĔ — «Жизнь по лимиту» — 16.15, 18.15, 20.00.

«СТРОИТЕЛЬ» КЛУБ — «Убегающий август» — 16.00, 18.00, 20.00.

ПИРĔН АДРЕС: 428019, г. ЧЕБОКСАРЫ, пр. ИВАНА ЯКОВЛЕВА, 13. ДОМ ПЕЧАТИ, III ЭТАЖ.

ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор — 21-00-67; редактор заместителĕсем — 21-04-17 тата 21-20-07; ответлă секретарь—21-13-26; секретариат — 25-13-01; парти пурнăç пайĕ — 21-08-61 тата 25-13-24; идеологи пайĕ — 21-03-54 тата 25-13-18; промышленность, строительство тата транспорт пайĕ — 21-33-64, 25-13-04 тата 25-13-81; агропромышленность пайĕ — 21-08-62, 25-13-10, 25-13-05 тата 25-13-58; советсен ĕçĕпе социаллă пурнăç пайĕ — 21-03-04 тата 25-13-06; культура пайĕ — 21-08-56 тата 25-13-02; çырусемпе обществăлла корреспондентсен пайĕ — 21-05-21, 25-13-07 тата 29-76-22; информаципе спорт пайĕ — 21-22-31 тата 25-13-09; фотокорреспондент — 21-45-94; хамăр корреспондентсем — 3-24-91 (Канаш), 2-10-54 (Елчĕк), 4-34 (Етĕрне) тата 2-26-30 (Сĕнтĕрвăрри); издательство директорĕ — 21-00-23; пĕлтерӳсен пайĕ — 21-14-89 тата 29-76-89; «Вестник недели» редакцийĕ — 21-04-39; бухгалтери — 21-45-86; Чăваш АССР Журналистсен союзĕн правленийĕ — 25-13-83; хаçатăн обществăлла приемнăйĕ — 21-22-94.

Хаçат тунтикунсăр пуçне куллен тухать.

НТ 31337. Индекс газеты — 54800. Типография издательства Чувашского обкома КПСС, г. Чебоксары, пр. Ивана Яковлева, 13. Высокая печать, объем 2 печ. листа. Тираж 72.000 экз. Заказ № 302.